ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Март
24
ЫТЛАРИКУН
№ 61 (8970)

36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

**Паянхи номерте:**

ÇУРАКИНЕ ТИМЛĔН ХАТĔРЛЕНĔР! В. Иванов.—Вăйлă тырпулшăн кĕрешетпĕр (1 стр.).
Совет Союзĕ тăрăх (1 стр.).
ПАРТИ ПУРНĂÇĔ: Парти райкомĕсен пленумĕсенче (2 стр.).
Малта пыракан финанс работникĕсен опытне сарар (2 стр.).
ПИЛЛĔКМĔШ ПИЛĔКÇУЛЛĂХРИ СТАХАНОВЕЦСЕМ: Ф. Матвеев.—Рационализаторла сĕнÿсем—ĕç тухăçлăхне ÿстермелли мелсем (2 стр.).
И. Еремин.—Хуçалăх кадрĕсене вĕрентсе ÿстерес ĕçе лайăхлатни кирлĕ (2 стр.).
Хамăр республика тăрăх (3 стр.).
Р. Григорян.—Армян халăхĕн аслă поэчĕ. Ованес Туманян вилнĕренпе 30 çул тултарнă тĕле (3 стр.).
М. Краснов.—Уй-хир бригадисемпе трактор бригадин ĕçри туслăхĕ (3 стр.).
Антонин Запотоцкие Чехословаки Республикин президенчĕ пулма суйлани (4 стр.).
ООН Генеральнăй Ассамблейин VII-мĕш сессийĕ (4 стр.).
Норвегири Коммунистсен партийĕн VIII-мĕш съезчĕ (4 стр.).
Корейăри ĕçсем (4 стр.).

## Çамрăксем, Ленинпа Сталинăн аслă идейисене вĕренĕр!

Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕ хăйсен аслă çулпуçĕпе учителĕн тупăкĕ умĕнче Ленинпа Сталинăн пурне те çĕнтерекен ялавне тÿррĕн тытса пыма аслă тупа турĕç. Сталин юлташ пирĕн партипе халăха идейăллă хаклă пуянлăх парса хăварчĕ. Вăл марксизм-ленинизм вĕрентĕвне мĕнпур тăшмансенчен хÿтĕлесе хăварчĕ, ăна историллĕ çĕнĕ условисенче малалла аталантарса пуянлатрĕ. Сталин ячĕ Маркс, Энгельс, Ленин ячĕсемпе юнашар тивĕçлипех тăрать. Сталин юлташăн чаплă произведенийĕсенче малалла аталантарнă революциллĕ наука—марксистла-ленинла наука Коммунистсен партийĕпе совет халăхне хăватлă вăй, никам çĕнтерейми вăй парать.

Коммунизмăн аслă зодчийĕ, ĕççыннисен çулпуçĕпе учителĕ Сталин юлташ партипе совет халăхне коммунизмла общество тумалли аслă программăпа хĕçпăшаллантарчĕ, пирĕн Тăван çĕршывăн социализмран коммунизма пымалли çулне марксистла-ленинла теори çуттипе питĕ уçăмлăн сутатса пачĕ.

Коммунистсен партине туса вĕрентсе ÿстернĕ çулпуçсем Ленинпа Сталин çамрăксене коммунизмла воспитани парассишĕн яланах тимлĕн тăрăшнă. Вĕсен кăтартăвĕсене пурнăçласа, партипе Совет правительстви çамрăк ăрăвăн ăс-хакăлне çирĕплетме, унăн ĕçри хастарлăхне ÿстерме кирлĕ условисене пурне те туса пачĕç. Çамрăксене çирĕп пулма, пур йышши йывăрлăхсене те çĕнтерме, коммунизм ĕçĕшĕн пĕтĕм вăй-хăватпа кĕрешме воспитани парасси—пирĕн питех те пысăк задачăсенчен пĕри.

Ĕççыннисене, çав шутра çамрăксене те, воспитани памалли никĕс вăл Марксăн—Энгельсăн—Ленинăн—Сталинăн аслă вĕрентĕвĕ пулать. Комсомолецсене чĕнсе каласа, Сталин юлташ: задача ленинизма вĕренессинче пулать, тесе вĕрентнĕ.

Çамрăксем политикăллă вĕренĕве ытларах та ытларах хутшăнаççĕ. Пирĕн республикăра халĕ комсомолецсемпе çамрăксен 1.830 политкружокĕ ĕçлет, вĕсенче вĕренĕве 47 пин комсомолецпа çамрăка хутшăнтарнă. Марксистла-ленинла теорие комсомолецсемпе çамрăксем пурĕ 5 пин çын харпăр хăй тĕллĕн вĕренеççĕ.

Çак çулăн пуçламăшĕнче комсомолецсемпе çамрăксен политкружокĕсенче партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсемпе решенийĕсене, Сталин юлташăн съездра каланă историллĕ сăмахне тата унăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă гениллĕ произведенине вĕренме тытăнчĕç. Çак историллĕ документсене вĕренсе ăнланса илни комсомолецсемпе çамрăксен политикăллă ăнланулăхĕпе ĕçри хастарлăхне ÿстерме, совет халăхĕ Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе туса пыракан аслă ĕçсен пĕлтерĕшне пĕлсе тăма май парать

Комсомолецсен политкружокĕсем чылай çĕрте хăйсен ĕçне тивĕçлипе туса пыраççĕ. Шупашкар, Канаш, Улатăр хулисенчи, Комсомольски, Елчĕк районĕсенчи нумай политкружоксенче политикăллă вĕренÿ идейăпа политика тĕлĕшĕнчен çÿлĕ пусăмра иртет.

Комсомолецсемпе çамрăксен политикăллă вĕренĕвне ВЛКСМ Пăрачкав райкомĕ лайăх ертсе пырать. Кунта пропагандистсемпе консультантсен канашлăвĕсем йĕркеллĕ иртеççĕ. Çакă вăл пропагандистсене занятисене идея тĕлĕшĕнчен çÿлĕ пусăмра ирттерме пулăшать. Киров ячĕпе тăракан колхозри комсомолецсемпе çамрăксен политкружокне çамрăк учитель Кузьмин юлташ ертсе пырать. Вăл кашни занятиех тĕплĕн хатĕрленет, политкружокра вĕренекенсене çирĕп пĕлÿсем пама тăрăшать. Пăрачкав МТС-ĕнчи партбюропа комсомолăн пуçламăш организацийĕ комсомолецсемпе çамрăксен политикăллă вĕренĕвне йĕркелесси çине пысăк тимлĕхпе пăхаççĕ. Политикăллă вĕренĕве хутшăнтарнă комсомолецсем занятисене тĕплĕн хатĕрленсе пыраççĕ, калаçусене активлăн хутшăнаççĕ. Кружокра вĕренекенсем чылайăшĕ трактористсем юсас ĕçре малта пыраççĕ. Ку вăл кружок руководителĕ МТС-ăн главнăй агрономĕ Н. Коновалов занятисене кулленхи задачăсемпе тачă çыхăнтарса ирттернинчен те килет.

Занятисен идейăллă пахалăхĕ пуринчен ытла пропагандистсенчен, вĕсен идейăллă пĕлĕвĕсемпе методика тĕлĕшĕнчи пултарулăхĕ мĕнле пулнинчен килет. Çакна асра тытса, ВЛКСМ Ишлей, Елчĕк, Тăвай райкомĕсем пропагандистсемпе консультантсене тăтăшах семинарсене пухаççĕ. Çав вăхăтрах комсомолăн хăшпĕр райкомĕсем çак ответлă ĕç çине, политикăллă вĕренĕве лайăхлатмалли питĕ кирлĕ май çине çителĕксĕр пăхаççĕ. Пропагандистсемпе консультантсен семинарĕсенчи вĕренĕве лайăхлатас тĕлĕшпе ВЛКСМ Хĕрлĕ Чутай, Çĕрпÿ райкомĕсем кирлĕ мерăсем йышăнмаççĕ. ВЛКСМ Çĕмĕрле, Советски, Чурачăк райкомĕсем семинарсене идейăпа политика тĕлĕшĕнчен çителĕксĕр ирттереççĕ, вĕсенче теорипе методика ыйтăвĕсене сÿтсе явмаççĕ.

ВЛКСМ райкомĕсем пропагандистсене çителĕксĕр ертсе пынине пула, вĕсен вĕренĕвне кирлĕ пек йĕркелеменнине пула, чылай кружоксенче занятисем начар иртеççĕ. Сăмахран, ВЛКСМ Çĕмĕрле райкомĕ кружоксене ертсе пырас тĕлĕшпе пачах çителĕксĕр ĕçлет. Нумай политкружоксенче çĕнĕ программа тăрăх вĕренÿ пуçланманни шăпах çак çитменлĕхрен килнĕ ĕнтĕ. Чурачăк, Хĕрлĕ Чутай районĕсенчи кружоксенче те занятисем кичем, идея тĕлĕшĕнчен çителĕксĕр пусăмра иртеççĕ.

ВЛКСМ чылай райкомĕсем харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсем мĕнле ĕçленине тĕрĕслеме пăрахнă. Калинино районĕнчи «Партизан» колхоз председателĕ комсомолец И. Иванов юлташ харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсен шутĕнче тăрать, анчах, тĕрĕссипе, вăл вĕренме пăрахнă. Комсомол райкомĕн работникĕсем ăна çак йăнăш çинчен вăхăтра асăрхаттарман.

Марксистла-ленинла теорие пропагандăлас ĕçре лекцисем пысăк вырăн йышăнаççĕ. Анчах ку ĕçре чылай çитменлĕхсем пур. Первомайски, Куславкка, Советски, Вăрмар т. ыт. районсенче лекцисем ирттерес ĕçе çителĕксĕр йĕркеленĕ. Асăннă районсенче ВЛКСМ райкомĕсем лекциллĕ пропагандăна тивĕçлипе хакламаççĕ.

Политикăллă вĕренÿри çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе ВЛКСМ обкомĕ те çителĕксĕр ĕçлет-ха. Комсомол обкомĕн работникĕсем пуçламăш организацисенче сайра хутра пулаççĕ, вĕсем докладсемпе лекцисем сахал туса параççĕ.

Марксистла-ленинла теорие пропагандăлас ĕçре пичет пысăк вырăн йышăнса тăмалла. Районсенчи хаçатсем пропагандăпа агитаци ĕçĕн ыйтăвĕсене çителĕксĕр сутатаççĕ, комсомолецсен вĕренĕвĕ мĕнле пыни çинчен çырмаççĕ.

Политикăллă вĕренĕве умри задачăсемпе çыхăнтарса йĕркелесси çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла. Чкаловски районĕнчи комсомолецсем, çуракине пур енчен те тĕплĕн хатĕрленсе çитме чĕнсе каласа, паха пуçару турĕç. Чкаловецсен пуçарăвĕ тăрăх пур çĕрте те комсомолецсемпе çамрăксен социализмла ăмăртăвне пуçармалла. Вĕсем çуракине хатĕрленес ĕçре парторганизацисен активлă помощникĕсем пулччăр.

«Парти комсомола ертсе пыни,—тесе вĕрентет Сталин юлташ,—комсомолăн пĕтĕм ĕçĕнче чи кирли пулса тăрать». Ку вăл политикăллă вĕренÿре те çавах. Çавăнпа та партин хула комитечĕсемпе райкомĕсен çамрăксен политикăллă вĕренĕвне йĕркелес ĕçре комсомол организацийĕсене практикăллă пулăшу памалла.

Совет çамрăкĕсем, çĕршыври пĕтĕм халăх пекех, малашлăх çине шанчăклăн пăхаççĕ. Пирĕн малалла каймалли çула Ленин—Сталин идейисем яр уççăн çутатса тăраççĕ. Çамрăксене çав идейăсене ăнланса илме пулăшасси, вĕсене Ленин — Сталин вĕрентĕвĕн çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешме мобилизацилесси — комсомол организацийĕсен хисеплĕ тивĕçĕ. Çамрăксене коммунизмла воспитани парасси комсомол ĕçĕнче тĕп вырăнта пулмалла.

### Атăлпа Урал хушшинчи канал пулмалли вырăнта

ФУРМАНОВО (Хĕвеланăç Казахстан облаçĕ). Атăлпа Урал хушшинчи çĕсенхирсенче çуркунне çитни палăрать. Юр шывланнă, тĕмескесем хуралнă. Атăлпа Урал хушшинчи канала чавакансем патнĕ тракторсем, автомобильсем, çĕре пăраласа шăтармалли хатĕрсем, строительство материалĕсем килсе тăраççĕ. Часах çĕсенхирте çĕр чавмалли хăватлă механизмсем ĕçлеме тытăнма пуçлать.

Фурмановски районĕнчи колхозниксем Атăл шывне кĕтсе илме хатĕрленеççĕ. «Правда» колхоз иртнĕ çулта малтанхи хут хлопчатник акнă. Колхозниксем çĕре шăварсан тырă, пахча çимĕçсем тата улма-çырла кăна мар, ăшă юратакан хлопчатник те лайăх ÿснине курнă.

Пысăк Узень тата Пĕчĕк Узень юханшывĕсем тăрăхĕнчи колхозсем кăçал чылай участоксенче шăварса тырпул ÿстерме тытăнаççĕ. Вĕсем тĕштырăсемпе техникăллă культурăсем акаççĕ. «Жана Жол» тата «Рала» колхозсем сад тума çимĕç йывăççисем лартнă.

### Съезд материалĕсене вĕренеççĕ

ПЕРВОМАЙСКИ. «Комсомолец» колхозри коммунистсемпе комсомолецсем тата колхозниксем икĕ уйăх ытла ĕнтĕ партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене вĕренеççĕ. Съезд материалĕсене вĕренекенсен кружокне учитель-коммунист А. И. Храмов ертсе пырать. Кружок занятийĕсем кашни эрнере пĕрре пулаççĕ. Занятисене 30 çын ытла çÿрет.

Кружок членĕсем çак кунсенче И. В. Сталина пытарнă кун Хĕрлĕ площадьри хурлăхлă митингра Г. Маленков, Л. Берия тата В. Молотов юлташсем каланă сăмахсене тĕплĕн вуласа тухрĕç.

# Çуракине тимлĕн хатĕрленĕр!

**РЕСПУБЛИКĂРИ МТС-сем ТРАКТОРСЕМПЕ ВĔСЕНЧЕН КАКАРСА ĔÇЛЕКЕН МАШИНАСЕНЕ ЮСАМАЛЛИ ПЛАНА ТУЛТАРНИНЕ КĂТАРТАКАН**

**С В О Д К А**

**Мартăн 20-мĕшĕ тĕлне (процентпа)**

| МТС-сем | Тракторсем юсанă | Плугсем юсанă | Сеялкăсем юсанă | Культиваторсем юсанă |
|---|---|---|---|---|
| Йĕпреç | 100 | 100 | 100 | 100 |
| Элĕк | 93,5 | 100 | 89,5 | 95,5 |
| Сĕнтĕр | 93 | 100 | 93,9 | 100 |
| Ишлей | 92,8 | 100 | 96,7 | 100 |
| Çĕмĕрле | 92,7 | 100 | 92,6 | 100 |
| Кувакино | 89,6 | 60 | 63,6 | 45,8 |
| Первомайски | 89,1 | 100 | 94,4 | 100 |
| Пăрачкав | 86 | 100 | 100 | 100 |
| Комсомольски | 85 | 100 | 97,5 | 94,5 |
| Чкаловски | 84,5 | 87,5 | 93 | 81,1 |
| Октябрьски | 83 | 90,5 | 83,3 | 77,8 |
| Вăрнар | 82,1 | 100 | 75 | 83,3 |
| Шăмăршă | 81,9 | 69,8 | 92,1 | 89,1 |
| Шупашкар | 78,7 | 52,2 | 53,1 | 56,7 |
| Улатăр | 78,1 | 86,2 | 85,7 | 86,4 |
| Шăхасан | 75,9 | 97,7 | 80,3 | 98,1 |
| Тăвай | 75,7 | 82 | 83,9 | 83,3 |
| Канаш | 75 | 76,7 | 69 | 78,9 |
| Сĕнтĕрвăрри | 75 | 57,1 | 77,8 | 100 |
| Çĕрпÿ | 71,9 | 70 | 76,8 | 78,9 |
| Сурмайдан | 71,4 | 65,9 | 55 | 76,5 |
| Елчĕк | 71,3 | 78 | 93,3 | 69,2 |
| Красноармейски | 69,8 | 100 | 72,7 | 100 |
| Етĕрне | 68,7 | 97,4 | 66,7 | 64,3 |
| Вăрмар | 66,7 | 56,2 | 76,3 | 57,1 |
| Чурачăк | 66,1 | 95,3 | 94 | 95,6 |
| Сиява | 64,7 | 68,7 | 80,9 | 100 |
| Калинино | 63,5 | 75 | 84,2 | 80,8 |
| Муркаш | 62,5 | 97,4 | 89,5 | 96,9 |
| Куславкка | 60 | 68,2 | 65 | 70,3 |
| Советски | 53,6 | 100 | 100 | 100 |
| Хĕрлĕ Чутай | 51,8 | 45,8 | 59,1 | 53,8 |

### Çĕнĕ обязательствăсем

КÿКЕÇ. Каганович ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕн членĕсем Чкаловски районĕнчи ялхуçалăх ĕçченĕсен чĕнĕвне йышăнчĕç. Чĕнĕве колхозниксен пĕрлехи пухăвĕнче сÿтсе яврĕç. Парторганизаци секретарĕ М. Семенов юлташ колхоз çуракине мĕнле хатĕрленни çинчен каласа пачĕ.

Социализмлă ăмăртăва хутшăнса, колхозниксем кăçал гектартан 135 пăт ыраш, 120 пăт пăрçа, 130 пăт тулă туса илме сăмах пачĕç. Колхозăн обществăллă выльăх-чĕрлĕхне пăхакансем сăвакан кашни ĕнерен 1.800 литр сĕт суса илме, кашни 100 сурăхран 110 путек пăхса ÿстерме, кашни сурăхран вăтам шутпа 3 килограмм çăм касса илме, кашни чăхран 80 çăмарта илме, кашни кĕсререн пĕрер тиха илсе ÿстерме обязательство йышăнчĕç. Обществăллă выльăх-чĕрлĕх валли кăçал 300 ĕне вырнаçмалăх тата 1.500 чăх вырнаçмалăх витесем тума йышăнчĕç.

**В. ВАРСОНОФЬЕВ.**

## Вăйлă тырпулшăн кĕрешетпĕр

ЕЛЧĔК. Аслă çулпуçăмăра Иосиф Виссарионович Сталина пытарнă кун траурлă митингра Г. М. Маленков, Л. П. Берия тата В. М. Молотов юлташсем каланă сăмахсене пирĕн колхозри агитаторсем колхозниксене ăнлантарса параççĕ.

— Аслă Сталинăн шанчăклă соратникĕсем колхоз стройне пур майсемпе те тĕреклетсе пыма, Совет çĕршывĕнчи мĕнпур колхозсене малалла çирĕплетсе, чечеклентерсе пыма шантарса каларĕç,—тет колхоз правленийĕн председателĕ В. Иванов юлташ.—Эпир хамăрăн тăван партипе, тăван правительствăпа пĕрле колхоз стройне, хамăрăн чечекленсе пыракан пурнăçа çирĕплетсе пырăпăр, Тăван çĕршыв валли тырăпа чĕртавар нумай хатĕрлесе парассишĕн ырми-канми ĕçлĕпĕр.

Çак кунсенче колхоз хресченĕсен ĕçри активлăхĕ вăйланчĕ. Вăйлă тырпул туса илессишĕн пыракан социализмлă ăмăртăва колхозниксем пурте хутшăнчĕç. Акмалли вăрлăхсене «ВИМ-2» сортировкăсемпе тасатса хучĕç. Пур тĕрлĕ культурăсен вăрлăхĕ те акма кирлĕ чухлĕ пур, вĕсен шăтас пахалăхне тĕрĕслесе пăхнă. Хĕллехи вăхăтра уй-хире икĕ пин лав тислĕк кăларса купаланă, 300 гектар çинче юр тытса хăварнă, тырă калчисене апатлантарма кĕл, кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ тата минераллă удобренисем чылай хатĕрленĕ.

Н. Семенов, В. Крылов, А. Иванов бригадирсем ĕç хатĕрĕсене пăхса тухаççĕ, кашни колхознике çуракине хатĕрленес ĕçе активлăн хутшăнтараççĕ. Ялхуçалăх машинисемпе ĕç хатĕрĕсем юсавлă пулччăр тесе, В. Иванов тимĕрçĕ кунĕ-кунĕпе тăрăшса ĕçлерĕ. А. Родионов, И. Ермолаев колхозниксем сÿресем юсарĕç.

Вăйлă тырпул туса илме колхоза çулсеренех Елчĕк МТС-ĕн 4-мĕш номерлĕ бригади пысăк пулăшу парать. Ăнăçлă ĕçлесе пынăшăн колхозниксем трактористсене юратаççĕ. Трактор бригадин бригадирне А. Савинов юлташа кăçал колхозниксем район Совечĕн депутатне суйларĕç.

Колхоз правленийĕ 1953 çулхи ĕçсен планне турĕ, уй-хир бригадисемпе фермăсене производствăллă заданисем çирĕплетсе пачĕ тата МТС-па договор турĕ. Колхоз хуçалăхне малалла аталантармалли плана колхозниксен пĕрлехи пухăвĕнче сÿтсе явса çирĕплетнĕ.

**В. ИВАНОВ,**
Чкалов ячĕпе тăракан колхозри парторганизаци секретарĕн заместителĕ.

## Ĕç хăвăртлăхне ÿстермелле

ИШЛЕЙ. Малта пыракан Карл Маркс ячĕпе тăракан колхоза район Совет депутачĕ, коммунист Г. Херсонов юлташ ертсе пырать. Кунта халĕ çураки умĕнхи хĕрÿллĕ ĕçсем пыраççĕ. Кăçал колхоз çуртрисене пĕтĕмпех сортлă вăрлăхсемпе акса хăварать. Вăрлăхсене сортласа тасатнă, вĕсен шăтас пахалăхĕ те лайăх.

Колхоз кăçал 96 гектар çине нумай çул ÿсекен курăксем, 25 гектар çине техникăллă культурăсем акать, вĕсен вăрлăхĕ те çителĕклĕ.

Колхоз правленийĕ минераллă удобренисемпе вырăнти удобренисем хатĕрлес ĕç çине тимлĕн пăхать. Паянхи куна 250 тонна минераллă удобренисем кÿрсе килнĕ. Уя виçĕ пин лав тислĕк кăларнă. 120 гектар çинче юр тытнă. Колхоз тимĕрçи П. Маринов юлташ ялхуçалăх машинисене юсаса пĕтерчĕ.

Анчах та районта çуракине тимсĕр хатĕрленекен, вăйлă тырпулшăн çине тăрса кĕрешмен колхозсем те чылай-ха. Ытти çулсенче районта малта пыракан колхозсен шутĕнче тăнă «Сталинская гвардия» (председателĕ И. Толбаев юлташ) колхоза илсе пăхăпăр. Унăн акмалли çĕр лаптăкĕ 1.100 гектар ытла. Вăл 294 хуçалăха пĕрлештерсе тăрать. Кунта ялхуçалăх ĕçĕсене туса пыма ĕç вăйĕ те, туртăм вăйĕ те çителĕклĕ. Апла пулин те колхоз çуракине япăх хатĕрленет. Вăрлăхсене 45 процент кăна сортласа тасатнă. Ялхуçалăх машинисемпе инвентарне юсас тĕлĕшпе нимĕн те туман. Плугсемпе сеялкăсем тата сÿресем юр айĕнче лараççĕ.

Çак çитменлĕхсемпе колхозри парторганизаци те (секретарĕ Ф. Абрамов юлташ) килĕшсе ларать. Çуракине хатĕрленес ыйтăва коммунистсен пухăвĕнче сÿтсе явман, колхоз правленине çитменлĕхсене пĕтерме пулăшман.

Халĕ колхозсенче çуракине хатĕрленес ĕç мĕнле пынине тĕрĕслеççĕ. Комиссисем палăртакан çитменлĕхсене пĕтерме конкретлă мерăсем йышăнмалла.

**Ф. ОЛАНГИН.**

**РЕСПУБЛИКĂРИ РАЙОНСЕНЧЕ ТИСЛĔК ТУРТТАРСА ХАТĔРЛЕС ĔÇ МĔНЛЕ ПЫНИНЕ КĂТАРТАКАН**

**С В О Д К А**

**1953 çулхи мартăн 20-мĕшĕ тĕлне (процентпа)**

| | | |
|---|---|---|
| 1. | Вăрнар | 38,2 |
| 2. | Муркаш | 32 |
| 3. | Вăрмар | 31,9 |
| 4. | Красноармейски | 26,3 |
| 5. | Шăхасан | 25,9 |
| 6. | Чкаловски | 25,8 |
| 7. | Канаш | 24,4 |
| 8. | Первомайски | 23,6 |
| 9. | Сĕнтĕр | 23,5 |
| 10. | Етĕрне | 20,3 |
| 11. | Шупашкар | 20,2 |
| 12. | Чурачăк | 19,8 |
| 13. | Çĕрпÿ | 18,9 |
| 14. | Советски | 18,1 |
| 15. | Тăвай | 17,4 |
| 16. | Калинино | 16,6 |
| 17. | Октябрьски | 15,9 |
| 18. | Улатăр | 15,3 |
| 19. | Çĕмĕрле | 15,3 |
| 20. | Сĕнтĕрвăрри | 15,1 |
| 21. | Ишлей | 14,5 |
| 22. | Элĕк | 14,2 |
| 23. | Йĕпреç | 13,1 |
| 24. | Куславкка | 12,9 |
| 25. | Кувакино | 12,9 |
| 26. | Елчĕк | 10,5 |
| 27. | Хĕрлĕ Чутай | 10,3 |
| 28. | Комсомольски | 9,3 |
| 29. | Пăрачкав | 8,9 |
| 30. | Шăмăршă | 8,4 |

### Колхоз председателĕн отчечĕ

СĔНТĔРВĂРРИ. Хастакасси ял Совечĕн пĕрремĕш сессийĕ, организациллĕ ыйтусене пăхса тухнă хыççăн, пĕрлешсе пысăкланнă «Молния» колхоз председателĕ А. Соколов юлташ колхоз ĕçĕсем çинчен тунă отчетлă доклада итлесе сÿтсе яврĕ.

«Молния» колхоз çуракине хатĕрленес тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттернĕ. Çуракинче акма тулă, сĕлĕ тата ытти вăрлăхсем, курăк вăрлăхĕсемсĕр пуçне, çителĕклĕ хатĕрленĕ тата сортласа хунă. Колхоз тимĕрçисем Л. Портновпа А. Саначин юлташсем плугсемпе сеялкăсене юсанă. Колхоз тĕрлĕ удобренисем чылай пухнă.

Çапах та «Молния» колхозра çуракине хатĕрленес ĕç кирлĕ пек пулса пымасть-ха. Ку тарана çитсе те клеверпа тимофеевка вăрлăхĕ хатĕрлемен. Планпа 25 центнер сортлă сĕлĕ вăрлăхĕ улăштарса илме палăртнă. Анчах ăна халиччен те улăштарман. Минераллă удобрени пĕр центнер та кÿрсе килмен.

Ял Совет сессийĕ колхоз председательне А. Соколов юлташа çуракине хатĕрленес енĕпе пур ĕçсене те лайăхлатма, курăк вăррисем хатĕрлесе çитерме хушса хăварчĕ.

**П. ГЕРАСИМОВ.**

# Совет Союзĕ тăрăх

### Куйбышев ГЭС-не тунă çĕрте

СТАВРОПОЛЬ (Куйбышев облаçĕ), мартăн 21-мĕшĕ. (ТАСС). Жигули тăврашĕнче çуркунне. Часах Атăл çинче пăр тапранать.

Куйбышев ГЭС-не тăвакансем çуркуннене лайăх хатĕрленсе кĕтсе илнĕ. Халĕ гидроэлектростанци çурчĕ пулмалли вырăна çуркуннехи шыв илесрен сыхлама тăпра купаласа перемычка туса пĕтереççĕ. Механизаторсемпе бетонщиксем пĕр чарăнмасăр ĕçлеççĕ. Вĕсен миллион кубометра яхăн бетон хумалла.

Строительствăра механизаторсен чаплă кадрĕсем ÿссе çитĕннĕ. Экскаваторпа ĕçлекен комсомолецсемпе çамрăксен бригадине В. Мячев ертсе пырать. Бригада, ĕç условийĕ çăмăл мар пулин те, «Уралец» экскаваторпа пысăк тухăçлăхпа ĕçлет. Вăл пиншер тенкĕ перекетлесе хăварнă. Çакна бригада пысăк тухăçлăхпа ĕçленипе, электроэнерги, сĕрмелли çусем тата ытти материалсем перекетленипе, машинăна юсама тăкак сахалрах кăларнипе тума пултарнă. В. Мячев опытне строительствăн пур районĕсенче те йышăнаççĕ.

Бетон заводĕн коллективĕ пысăк хастарлăхпа ĕçлет. Хăшпĕр кунсенче завод 900 кубометр тата ытларах та бетон парса тăрать. (Задани тăрăх 380 кубометр бетон памалла).

### Çĕнĕ кинофильм

Галина Николаева çырнă «Жатва» роман тăрăх «Возвращение Василия Бортникова» ятлă кинокартина ÿкерсе пĕтернĕ. Çĕнĕ кинокартинăна мартăн 21-мĕшĕнче Мускаври кино çуртĕнче пăхса тухнă. Ăна çак кунсенче столицăри кинотеатрсенче кăтартма пуçланă.

(ТАСС).



Туркменири тĕп канала тунă çĕрте ĕç сарăлсах пырать. Аму-Дарья тата тĕп канал пуçланакан вырăн хушшинче 8 километр тăршшĕ канал чавса, тĕп канала чавмалли вырăна земснарядсем пымалла тăваççĕ. Вара тĕп канала чавнă çĕрте экскаваторсемпе тата скреперсемпе кăна мар, хăватлă земснарядсемпе те ĕçлеме пуçлаççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: «Сормовский 12» земснаряд канал чавнă çĕрте ĕçлет.

О. КУЗЬМИН фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС).

### Çĕршыв уй-хирĕсенче

АШХАБАД. Туркменин кăнтăр енчи пайĕнче улмуççисемпе вишни чечеке ларнă. Кĕртыррисен калчисем кĕпçеленеççĕ. Çуртыррисем шăтса тухнă. Чарджоу облаçĕнчи тата Теджен юханшывĕ хĕрринчи колхозсем хлопчатник акма пуçланă. Республикăра хлопчатник 3 пин гектара яхăн акнă. Колхозсенче сад тума тата виноградниксем тума йывăç лартаççĕ. Вĕсен лаптăкĕ кăçал 1.700 гектар ÿсет.

ХОРОГ (Горно-Бадахшан автономиллĕ облаçĕ). Памирта çуркунне çитнĕ. Сăрт айккисенче симĕс курăк ÿсет. Колхозниксем уй-хир ĕçĕсене тума тытăннă. Пянджа юханшывĕ патĕнчи колхозсен уй-хирĕнче çуртыррисем шăтса тухнă. Рушан районĕнчи колхозсем çуртыррисем акаççĕ.

ИЗМАИЛ. Кунта ăшă çанталăк тăрать. Облаçри пур районсенче те уй-хир ĕçĕсем пуçланнă. Суворов районĕнчи Чапаев ячĕпе тата Октябрьти революци ячĕпе тăракан колхозсем икĕ кун хушшинче çуртыррисем акса пĕтернĕ.

Мартăн 21-мĕшĕ. (ТАСС).

### Май уявĕ умĕнхи ăмăрту

ВЛАДИВОСТОК, мартăн 21-мĕшĕ. (ТАСС). Инçет Хĕвелтухăçĕнчи моряксем пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен праçникне—Майăн 1-мĕшне тивĕçлипе кĕтсе илессишĕн ăмăрту пуçарса янă. Ăмăрту пуçаракан «И. Сталин» танкер экипажĕ пулнă. Вăл ултă уйăх хушши ĕнтĕ хăй аллинче куçса çÿрекен вымпел тытса тăрать. Çак вăхăтра «И. Сталин» танкер заданирен ирттерсе вуншар пин тонна груз турттарнă, перекетленĕ топливăпа 5 пин миля яхăн çÿренĕ.

Судно çинчи моряксем, Майăн 1-мĕшĕ ячĕпе ăмăртса ĕçлесе, Инçет Хĕвелтухăçĕнчи портсене планран ирттерсе 4 пин тонна груз илсе пыма, топливо тата сĕрмелли çусем нумай перекетлесе хăварма пулнă. Юлашки рейсра танкер графикра кăтартнинчен 18 сехет малтан вырăна çитнĕ.

«И. Сталин» танкер экипажĕ пуçарнă ăмăрту Инçет Хĕвелтухăçĕнчи пĕтĕм моряксемпе портсенчи работниксем хушшинче сарăлать. «Адмирал Сенявин», «Максим Горький» теплоходсен, «Шатурстрой» пăрахут тата ытти суднăсен командисем те Май уявĕ умĕнхи вахтăна тăнă.

### АНТАРКТИКĂРАН ТАВРĂННĂ

ОДЕССА, мартăн 21-мĕшĕ. (ТАСС). Хура тинĕс çинчи «Апшерон» танкер паян Одессăна килсе çитнĕ. Вăл Антарктикăран таврăннă. Танкер Одессăна пиншер тонна кит çăвĕ илсе килнĕ. Кит çăвне китсем тытма кайнă «Слава» флотилири моряксем хатĕрленĕ.

«Апшерон» танкерăн йывăр условире ишсе çÿремелле пулнă. Антарктикăран таврăннă чухне хăшпĕр вырăнсенче 11 баллă çил-тăвăл пулнă.

## *ПАРТИ ПУРНАÇĔ*

# Парти райкомĕсен пленумĕсенче

ПЕРВОМАЙСКИ. Парти райкомĕн черетлĕ пленумĕ Хрущев ячĕпе тăракан тата «Путь социализма» колхозсенчи пуçламăш парторганизацисен ĕçĕсем çинчен сўтсе яврĕ.

Юлашки вăхăтра асăннă колхозсенчи парторганизацисем партиллĕ-организациллĕ тата партиллĕ-политикăллă ĕçе лайăхлатнă. «Путь социализма» колхозри коммунистсем тырпул тухăçлăхне ўстерес, колхоз экономикине вăйлатас тĕлĕшпе пуçарулăх кăтартаççĕ. Иртнĕ çул ку колхоз районта чи пысăк тухăçлă вир—кашни гектартан 33 центнер ытла туса илнĕ.

Çапах та асăннă парторганизацисен ĕçĕ тивĕçлĕ вырăнта тăмасть-ха. Вĕсем партиллĕ-политикăллă ĕçе хуçалăх ĕçĕсемпе тачă çыхăнтарса пымаççĕ, колхоз правленийĕсен ĕçне тĕрĕслемелли правăпа çителĕксĕр усă кураççĕ, колхоз производствин чи кирлĕ ыйтăвĕсене—çĕрĕç культурине тата выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне ўстерес, техникăллă культурăсем акса тăвас ыйтусене çивĕччĕн лартмаççĕ, ялхуçалăх артелĕн Уставне пăснисене хирĕç татăклă кĕрешмеççĕ.

Хрущев ячĕпе тăракан колхозăн пĕлтĕр кашни гектартан вăтам шутпа 14,6 центнер тĕштырă туса илмелле пулнă, 8,14 центнер çеç туса илнĕ. Ĕçе начар организациленĕ пирки тырă нумай тăккаланса пĕтнĕ. Кунта кашни ĕнерен 700 литр сĕт, кашни сурăхран—2,3 килограмм çăм, кашни чăхран 36 çăмарта çеç илнĕ. Ĕçкунĕсен минимумне тултарман колхозниксем нумай. Колхозра строительство ĕçĕсем те чăтма çук юлса пыраççĕ.

Парторганизаци колхоз ĕçне хутшăнман коммунистсемпе килĕшсе пурăнать. С. Кошкин коммунист пĕлтĕр 85 ĕçкунĕ, унăн арăмĕ 68 ĕçкунĕ çеç тунă. В. Кушманов, Пирожкова, Сесмеркина коммунистсем колхоз ĕçне пачах та хутшăнмаççĕ.

Пленум пуçламăш парторганизацисем партин шалти ĕçне тивĕçлипе йĕркелеменнине, парти кандидачĕсене воспитани парас ĕçе манăçа хăварнине палăртрĕ.

Коммунистсене тата колхозри ытти членсене воспитани парас ĕçре те пысăк çитменлĕхсем пур.

Парторганизацисенче агитколлективсен ĕçне те тивĕçлипе ертсе пымаççĕ. Колхозниксене партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене ăнлантарса парас ĕçе начар йĕркеленĕ. Чылай агитаторсем хăйсене шанса панă ĕçе сўрĕккĕн пурнăçласа пыраççĕ.

Пленум çавăн пекех «Путь социализма» тата Хрущев ячĕпе тăракан колхозсенчи парторганизацисем комсомол организацисен ĕçне çителĕксĕр ертсе пынине палăртрĕ.

Пленум сўтсе явнă ыйту тăрăх тивĕçлĕ решени йышăнчĕ, парти райкомне партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пурнăçлама парторганизацисен кĕрешўри пултарулăхне ўстерсе пыма хушрĕ.

**А. ТУКМАКОВ.**

* * *

ЕЛЧĔК. КПСС райкомĕн черетлĕ пленумĕ районта суту-илў ĕçĕ мĕнле тăни тата ăна лайăхлатмалли мерăсем çинчен КПСС райкомĕн секретарĕ А. Ефимова юлташ тунă доклада сўтсе яврĕ.

Докладчик суту-илў организацийĕсем иртнĕ çулта хăйсен ĕçне кăштах лайăхлатнине палăртрĕ. 1952 çулта таварсене вакккăн сутмалли государство планне 105,1 процент тултарнă. 1951 çулхипе танлаштарсан, ĕçсыннисене 917 пин тенкĕлĕх ытларах товар сутнă.

Анчах çитĕнўсемпе пĕрлех суту-илў ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур. Таварçаврăнăш планне виçĕ ялпоран икĕ ялпо çеç тултарнă. Магазинсемпе лавккасенчен çурри ытла тăтăшах плана тултарса пыман.

Райпотребсоюз 1953 çулхи пĕрремĕш кварталти таварçаврăнăш планне çителĕксĕр пурнăçласа пырать. Январь уйăхĕнчи плана пĕр ялпо та тултарман.

Райпотребсоюз правленийĕ таварсем кўрсе килнĕ чухне колхозсемпе ĕçсыннисене мĕнле таварсем ытларах кирлине шута илмест. Çакна пула чылай магазинсемпе лавккасенче сутăнман таварсем нумай выртаççĕ. Колхозсене ут-таврашĕсем нумай кирлĕ. Анчах вĕсене питех те сахал кўрсе килеççĕ. Райпотребсоюз суту-илў культурине ўстерме тăрăшмасть, кадрсене воспитани парас тата вĕрентес тĕлĕшпе сахал ĕçлет. Пуçламăш парторганизаци (секретарĕ Степанов юлташ) суту-илў работникĕсемпе канашлусем, калаçусем ирттермест, профсоюз организацийĕ работниксем хушшинче социализмла ăмăртăва сарман. Райпотребсоюз правленийĕн председателĕ Терентьев тата ялпо правленийĕсен председателĕсем Толстов, Сабирзанов, Каринкин юлташсем кадрсем суйласа илнĕ чухне вĕсен политикăллă тата ĕçлĕ пахалăхне тĕплĕн тишкĕрмеççĕ. Юлашки икĕ çул хушшинче Елчĕкри чайнăйра 5 заведующи улшăннă, вĕсенчен иккĕшне растрата тунăшăн судпа айăпланă.

Доклад тăрăх 14 çын тухса калаçрĕ.

Сўтсе явнă ыйту тăрăх пленум тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

* * *

КПСС Тăвай райкомĕн черетлĕ пленумĕ райком членĕн кандидачĕ П. А. Алексеев çинчен сўтсе яврĕ.

Алексеев райпо председателĕ пулса ĕçленĕ. Вăл хăйĕн политикăлла пĕлĕвне ўстерме тăрăшман, «марксизм-ленинизма хам тĕллĕн вĕренетĕп» тесе улталаса пурăннă. Хăйне шанса панă учрежденири работниксемпе пĕрле час-часах ĕçнĕ, растрата тăвакансемпе тата кооператив пурлăхне çаратакансемпе кирлĕ пек кĕрешмен, райпо ĕçне япăхтарса янă. Юлашкинчен вăл хăй те кооператив пурлăхне çаратма тытăннă: 3.100 тенкĕ хăй кĕсйине чикнĕ.

Ĕç çапла пулса иртнĕ. Райпо правленийĕ Канаш вăрманпромхозĕнчен вутă илнĕ. Вутта вăрманпромхоз хăй турттарса пама пулать. Анчах вăрманпромхозăн транспорт çитмен пирки райпо çак вутта хăех турттартъ. Вăрманпромхоз райпона 2.475 тенкĕ парăмлă пулса юлать.

Иртнĕ çулхи февраль уйăхĕнче райпо председателĕ Алексеев тата райпо аслă бухгалтерĕ Мирошкин, суя доверенность туса, çак укçана вăрман хуралçи Горшков урлă илеççĕ. Вăрманпромхоз руководителĕсем те, укçана райпо правленине Госбанк урлă куçарса парас вырăнне, Горшкова парса яраççĕ. Çакăнпа усă курса, Алексеевпа Горшков çак укçана хăйсен кĕсйине чикеççĕ. Алексеев—2.000 тенкĕ, Горшков—475 тенкĕ илет.

Çак киревсĕр ĕçе прокуратура кăçалхи февраль уйăхĕнче тăрă шыв çине кăларчĕ.

Ку ыйтупа пленумра Арбеков, Тимакова, Степанов, Плотников тата ытти юлташсем тухса каласа, П. А. Алексеевăн киревсĕр ĕçне хыттăн питлерĕç, вăл текех парти ретĕнче тăма тивĕçлĕ маррине палăртрĕç.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Уставĕпе килĕштерсе, пленум пĕр саслăн пулса, Алексеева райком членĕн кандидатĕнчен тата парти ретĕнчен кăларчĕ.

Халĕ Алексеева суд урлă ответ тыттараççĕ.

**И. ИВАНОВ.**

# Малта пыракан финанс работникĕсен опытне сарар

Çак кунсенче пирĕн хаçатра СССР Верховнăй Совет Президиумĕ Чăваш АССР-ĕнчи финанспа кредит системин работникĕсене орденсемпе тата медальсемпе наградăласси çинчен йышăннă Указ пичетленсе тухрĕ. Ку Указ тăрăх финанс ĕçĕнче нумай çул хушши лайăх ĕçленĕшĕн Вăрнар районĕнчи финанс пайĕн инспекторне Е. С. Афанасьев юлташа тата Госбанкăн Улатăрти уйрăмĕн главнăй бухгалтер заместительне А. С. Щепочкин юлташа Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕпе, пурĕ 29 çынна «Ĕçри хастарлăхшăн» тата 43 çынна «Ĕçре палăрнăшăн» медальсемпе наградăланă.

Правительство наградине илме тивĕçлĕ пулнă работниксем хăйсене шанса панă ĕçе тўрĕ кăмăлпа, чун-чĕререн тăрăшса туса пыраççĕ. Вĕсем хăйсен социализмла Тăван çĕршыв умĕнчи тивĕçне, сталинла пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлă тултарма, коммунизмăн аслă стройкисене тума, промышленноçпа ялхуçалăхне вăйлатма, социально-культурăллă ĕçсене пурнăçлама вăхăтра укçа-тенкĕ парса тăма кирлине пĕтĕмпех ăнланса илнине ĕçре кăтартаççĕ. Вĕсем финанс планне тупăшсем енĕпе те, расходсем енĕпе те яланах пĕр тикĕс пурнăçлассишĕн ывăнма пĕлмесĕр кĕрешеççĕ.

Наградăсем илме тивĕçлĕ пулнисем хушшинче Улатăр хулинчи тата районĕнчи финанс органĕсенче ĕçлекенсем нумайрах. Иртнĕ çулта финанс планне тултарас енĕпе пĕрмаях пекех Улатăр хулипе районĕ малта пычĕç. Кăçалхи пĕрремĕш кварталта та Улатăр хулипе районĕнче финанс планне тултарас ĕç ăнăçлă пулса пырать.

СССР Финанс министерствин контрольпе ревизи управленийĕн республикăри аслă контролер-ревизорне В. И. Герасимовпа контролер-ревизора М. А. Белов юлташсене те правительство наградăсем памалла тунă. Вĕсем—государство учрежденийĕсемпе хуçалăх предприятийĕсенче финанс дисциплинине çирĕплетме тăрăшакан çынсем. Вĕсем финанс ĕçĕнчи йĕркесĕрлĕхсене пĕтерме пулăшаççĕ, государство укçа-тенкине тирпейсĕр тыткалание хирĕç, растратăсене хирĕç хыта кĕрешеççĕ. Хăйсен ĕçне тўрĕ кăмăлпа туса пынăшăн, государствăпа пĕтĕм халăх интересĕсене хўтĕленĕшĕн вĕсем наградăсем илме тивĕçлĕ пулчĕç.

Финанспа кредит ĕçĕнче малта пыракансене правительство наградăсем памалла туни финанс ĕçĕнчи мĕнпур работниксене тата лайăхрах, ывăнма пĕлмесĕр ĕçлеме хавхалантарать. Финанс органĕсемпе банксенче ĕçлекен работниксем малта пыракансен ĕç опытне вĕренме, вĕсем пек ĕçлеме тăрăшĕç. Вĕсенчен нумай вĕренме пулать. Вĕсем финанс ĕçĕнче нумай çул хушши ĕçлесе пуян опыт пухнă, ĕçе яланах оперативлă та конкретлă туса пыма, совет активĕпе тачă çыхăнса ĕçлеме пĕлеççĕ. Вĕсем массăсемпе тачă çыхăну тытаççĕ, ĕçсыннисене партипе правительствăн решенийĕсем çинчен, налогсене тата ытти укçа-тенкĕ парăмĕсене вăхăтра тўлени хуçалăхпа культура строительствин планĕсене ăнăçлă пурнăçлама пулăшни çинчен ăнлантарса параççĕ.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ йышăннă Указра Комсомольски районĕнчи финанс пайĕн Вăрманхĕрри-Чурачăкпа Кивĕ Выçли ял Совечĕсенче ĕçлекен налог агенчĕн Мария Степановна Никитина юлташăн ятне куратпăр. Вăл финанс ĕçĕнче нумай çул хушши тата юратса ĕçлет. Иртнĕ çулта лайăх ĕçленĕшĕн ăна Чăваш АССР Финанс министерстви укçан премии панă. Вăл ĕçре ялти актив çине таянать. Ку ял Совечĕсенче активистсене кашни вунă кил çумне çирĕплетнĕ. Вĕсем, кашни киле çўресе, налогсене, страховка тата заем укçине вăхăтра парса татмалли çинчен калаçусем ирттереççĕ.

Ял Совечĕ актив канашлăвне пухсан, унта Никитина юлташ хăш хуçалăхăн укçа-тенкĕ парăмĕ пурри çинчен, активистсен мĕнле ĕçлемелли çинчен каласа парать. Ялти ĕçченсем хăйсен парăмĕсене тўлеме укçа хатĕрлеме пултарччăр тесе, вăл, колхозсен правленийĕсемпе пĕрле, колхозниксем пĕрле пухăнса колхозра лав илсе, пасара ялхуçалăх продукчĕсем сутма каяссине организацилет. Никитина юлташ ĕçсыннисен ыйтăвĕсемпе жалобисене вăхăтра татса пама тăрăшать, вĕсене правительство налогсем тата страховка укçи пухас пирки кăларнă законсем çинчен ăнлантарса парать.

Муркаш районĕнчи финанс работникĕсен нумай пулмасть пулса иртнĕ канашлăвĕнче Муркаш ял Советĕнчи налог агенчĕн И. Ермолаев юлташăн ĕçри опычĕ çинчен доклад итлесе сўтсе явнă. Унта çакă палăрнă: Ермолаев юлташ ял Совечĕпе тачă çыхăнса ĕçлет; ял Советĕнче активистсене—учительсене, колхоз правлени членĕсене, уй-хир бригадирĕсене тата ыттисене те кашнине ку енĕпе ĕçлеме участоксем тăрăх уйăрнă; укçа пухас ĕç мĕнле пынине ял Совечĕн финанспа бюджет комиссийĕ тĕрĕслесе тăрать. Çапла ĕçлесе ял Совечĕпе налог агенчĕ укçа пухмалли плана кварталтан квартала тултарса пыраççĕ, кăçалхи пĕрремĕш кварталти плана мартăн 10-мĕшĕ тĕлне 100,6 процент пурнăçланă.

Çакăн пек ĕçлекен налог агенчĕсен тата малта пыракан ытти финанс работникĕсен опытне анлă сарни укçа-тенкĕ пухас ĕçе лайăхлатма май парать. Кун çинчен Йĕпреç районĕн опычĕ те калать. Çак районта финанс планне пурнăçлас ĕç чылай вăхăт хушши питех те çителĕксĕр пулса пынă. Кăçалхи пĕрремĕш кварталта вара ĕç сисĕнмеллех лайăхланнă. Район укçа-тенкĕ пухас енĕпе февралĕн 15-мĕшĕ тĕлне республикăпа тăххăрмĕш вырăнта, мартăн 1-мĕшне саккăрмĕш вырăнта пулчĕ, мартăн 15-мĕшĕ тĕлне çиччĕмĕш вырăна йышăнчĕ. Районти финанс работникĕсем тата партипе совет активĕ Коммунистсен партийĕпе правительство кăтартăвĕсене, СССР Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕ йышăннă законсемпе постановленисене ăнлантарса парас ĕçе кулленхи практикăллă ĕçсемпе, государство умĕнчи обязательствăсене хăвăртрах пурнăçлассипе тачă çыхăнтараççĕ. Вĕсем малта пыракан финанс работникĕсен опытне пропагандăлаççĕ. Çапла ĕçлени налог, страховка тата заем укçи пухас ĕçре улшăну тума май панă.

Финанспа кредит учрежденийĕсен руководителĕсен, çав учрежденисенчи партипе профсоюз организацийĕсен укçа-тенкĕ пухас ĕçри паха опыта анлă сарма, работниксен ăсталăхне ўстерме пур майсемпе те тăрăшас пулать.

Финанс органĕсен руководителĕсемпе работникĕсем çакна яланах асра тытни кирлĕ: Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ сталинла пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче халăх хуçалăхне малалла вăйлатса пыма, халăхăн материальнăй пурнăçне лайăхлатса тата культурине ўстерсе пыма палăртнă. Пилĕкçуллăха ăнăçлă пурнăçлама укçа-тенкĕ нумай кирлĕ. Çакă вара финанс органĕсене нихçанхинчен те лайăхрах ĕçлеме, бюджета тупăшсем енĕпе те, расходсем енĕпе те пĕр тикĕс тултарса пыма хушать.

*Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхри стахановецсем*

# Рационализаторла сĕнўсем—ĕç тухăçлăхне ўстермелли мелсем

Атăл леш енчи торф кăларакан предприятире 1948 çултанпа ĕçлетĕп. Малтан торф кăларакан багерлă тата элеваторлă машинăсем патĕнче слесарь пулса ĕçлеме тиврĕ. Ун чухне кăткăс техникăна çителĕксĕр пĕлнĕ. Çавăнпа нумай вĕренме, инженерсемпе техниксенчен, опытлă слесарьсенчен час-часах ыйтса пĕлме тиветчĕ. Уйрăмах главнăй механик А. Коровенков юлташ мана нумай пулăшрĕ. Ĕç ăнманнипе тарăхнине курсан, вăл мана лăплантаратчĕ:

— Ан кўренĕр, Федор Матвеевич, ăста слесарь пуласси çăмăл ĕç мар. Чăтăмлăх, тимлĕн вĕренни, малта пыракансен опычĕпе паллашни кирлĕ,—астутаратчĕ А. Коровенков юлташ.



Ф. М. МАТВЕЕВ.

Коммунистсен уçă пухăвĕсене, лекцисемпе докладсене çўрени, агитаторсем ăнлантарса пани мана ĕçре çĕнĕ вăй-хăват паратчĕç. Хам та обществăллă ĕçе активлăрах хутшăнма тытăнтăм.

1949 çулта мана участокри механик пулса ĕçлеме уйăрса лартрĕç, çичĕ агрегат шанса пачĕç. Çак ответлă ĕçе шикленсе тытăнтăм.—Кадрсем ĕçре пиçсе çитĕнеççĕ, — тесе лăплантаратчĕç мана аслăрах юлташсем. Нумай, кунне-çĕрне пĕлмесĕр ĕçлеме тиветчĕ, çапах ывăннине туймастăм. Чун-чĕререн тăрăшса тăвакан ĕç çынна иксĕлми вăй-хăват парать. Пĕр агрегат ĕçне йĕркелесе лайăхлатнă хыççăн теприн патне хăвăртрах çитес килетчĕ.

Пĕррехинче 11-мĕш бригадăн бригадирĕ А. Лукина юлташ торф кăларакан машинăна пĕр вырăнтан тепĕр вырăна куçарма вăхăт нумай кирлĕ, çак ĕçе хăвăртлатма май тупасси çинчен ыйту хускатрĕ. Çавăн хыççăн чылайччен машинăн хăшпĕр пайĕсене урăхла йĕркелесе вырнаçтарас тĕлĕшпе тимлĕн ĕçлерĕмĕр. Рольнăй сĕтеле çĕнĕлле туса вырнаçтарни машинăн кайри урапине пĕр вырăна куçарсан ик-виç карьертан торф кăларма май туса пачĕ. Унччен машинăн кайри урапине куçарса лартсан пĕр карьертан çеç торф кăларатчĕç. Пысăках мар рационализаторла сĕнĕве пурнăçа кĕртни бригада тата машина тухăçлăхне 20 процент таран ўстерме май туса пачĕ. 1952 çулхи сезон умĕн торф кăларакан пур машинăсене те çĕнĕлле йĕркелерĕмĕр.

Ман пурнăçра пысăк, ĕмĕр асран кайми ĕç пулса иртрĕ: мана коммунистсен парти ретне илчĕç. Çакă мана çав тери савăнтарчĕ, пуçарулăрах ĕçлеме хавхалантарчĕ. Квалификацине ўстерме дирекци курса вĕренме ячĕ. Çавăн хыççăн технологи процесне çĕнетсе лайăхлатас тĕлĕшпе тата хăюлăрах ĕçлеме пуçларăм.

1952 çулхи сезонта торф кăларакан машина валли çĕнĕ мундштук туса хатĕрлерĕм. Ĕлĕкрех çиелти типĕ торф лексен мундштук йĕркеллĕ ĕçлейместчĕ. Çак типĕ торфа кăларма мундштукра ятарласа шăтăк турăмăр. Çавăн хыççăн машина татти-сыпписĕр ĕçлеме тытăнчĕ.

Торф кăларакан машинăсене рельссем çине вырнаçтарса лартаççĕ. Машинăна пĕр вырăнтан тепĕр вырăна куçарнă чухне рельссене хăскăчсемпе çаклатса туртатчĕç. Халĕ рельссене рольганг ятлă механизмсен вăйĕпе куçаратпăр. Çапла туни ĕçе çăмăллатать тата вăхăта чылай перекетлеме пулăшать.

Машина кăларакан торф кирпĕчĕсене типĕтме çĕршер метр тăршшĕллĕ транспортерсем тăрăх турттараççĕ. Транспортерсен кайри урапisem йывăрччĕ, çавăнпа вĕсене пĕр вырăнтан тепĕр вырăна куçарса лартма вăхăт чылай кирлĕччĕ. Стахановецсем сĕннипе çăмăлрах урапа туса хатĕрлес тĕллев лартрăм. Ĕлĕкрех урапана 5—6 çын 10—15 минут хушшинче çеç куçарса лартма пултаратчĕç. Халĕ, çĕнĕ урапа тунă хыççăн, икĕ рабочи 3—4 минутра куçарса лартаççĕ.

Çавăн пек рационализаторла сĕнўсене пурнăçлани ĕç тухăçлăхне чылай ўстерме май туса пачĕ. 1950 çулхи сезонта кашни машина пуçне 6-шар пин тонна торф кăларнă пулсан, иртнĕ сезонта 7.500-шер тонна кăларнă.

Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлăн тултарма халăх хуçалăхне топливо нумай кирлĕ. Çавна асра тытса, эпир çитес сезона вăхăтра тата пысăк пахалăхпа хатĕрленсе çитессишĕн, государство çирĕплетсе панă плана срокчен ирттерсе тултарассишĕн кĕрешетпĕр.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче çапла каланă: «Производствăна техника енчен малалла лайăхлатса тата вăйлатса пырассишĕн, ĕçе пур енчен те механизацилессишĕн, ĕçе çăмăллатассишĕн тата ĕç условийĕсене малалла лайăхлатассишĕн инженерсем, техниксем, рабочисемпе колхозниксем хушшинче изобретательсемпе рационализаторсен массăллă юхăмне çĕклемелле»,—тенĕ.

Съезд директивисем пире, рабочисене, инженерсемпе техниксене, хамăрăн творчествăллă пуçарулăха çĕнĕ хăватпа вăйлатма хавхалантараççĕ. Съезд чĕнсе калани çине ответлесе, йывăр ĕçсене механизацилемелли çĕнĕ хатĕрсем тума сăмах патăм. Çитес кунсенче торфа вагонсем çине тиемелли крана вырнаçтарса лартас ĕçе туса çитеретĕп. Торф тиемелли элеватора пухса хатĕрленĕ ĕнтĕ. Халĕ 24 рабочи ĕçне тăвакан механизм шухăшласа кăларас тĕлĕшпе тимлĕн тăрăшатăп.

Аслă çулпуçăмăр тата учителĕмĕр Иосиф Виссарионович Сталинăн сутă сăнарне асра тытса, совет çыннисем Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçрĕç, хамăр çĕршывра коммунизм обществи хăвăртрах туса çитерессишĕн тата тухăçлăрах ĕçлеме сăмах пачĕç. Пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле, Атăл леш енчи торф кăларакан предприяти коллективĕ те И. В. Сталин вĕрентнине пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пырĕ, Тăван çĕршыв вăй-хăватне малалла тĕреклетессишĕн ырми-канми кĕрешĕ.

**Ф. МАТВЕЕВ,**

**Атăл леш енчи торф предприятийĕнчи механик.**

# Хуçалăх кадрĕсене вĕрентсе ўстерес ĕçе лайăхлатни кирлĕ

Сталин юлташ çапла вĕрентнĕ: «Политикăллă тĕрĕс çул-йĕре пурнăçа кĕртес тесен, партин политикăллă çул-йĕрне ăнланакан, ăна хăйсен çул-йĕрĕ тесе йышăнакан, ăна пурнăçа кĕртме хатĕр тăракан, ăна практикăра пурнăçлама пĕлекен тата уншăн ответ тытма, ăна хўтĕлеме, уншăн кĕрешме пултаракан çынсем кирлĕ, кадрсем кирлĕ. Унсăрăн политикăллă тĕрĕс çул-йĕр хут çинче çеç юлма пултарать».

Аслă Сталинăн çак кăтартăвĕ парти райкомĕсене, хула комитечĕсене тата пуçламăш парторганизацисене кадрсем вĕрентсе ўстерес ĕçе тимлĕн туса пыма, вĕсен ĕçлĕ тата политикăллă пахалăхĕсене партин ку чухнехи задачисен çўлĕшĕ таран çĕклеме хушать.

Массăсен творчествăллă активлăхĕ пĕрмаях ўссе пынă вăхăтра, промышленноçпа транспортра малта пыракан техникăпа тата наука çитĕнĕвĕсемпе ытларах та ытларах усă курнă вăхăтра хуçалăх кадрĕсене вĕрентсе ўстерни ĕçре çĕнĕ çитĕнўсем тума май паракан паха услови пулса тăрать.

Юлашки вăхăтра партин Улатăр хула комитечĕ тата промышленноçпа транспорт предприятийĕсенчи пуçламăш парторганизацисем хуçалăх руководителĕсене вĕрентсе ўстерес ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттерчĕç. Кадрсене марксизм-ленинизм теорийĕпе хĕçпăшаллантарни вĕсене вĕрентсе ўстерес ĕçĕн тĕп никĕсĕ пулса тăрать. Çакна шута илсе, партин хула комитечĕ хуçалăх руководителĕсене пурне те парти вĕренĕвне хутшăнтарма, вĕсене хăйсен политикăллă тата ĕçлĕ пахалăхĕсене ўстерес тĕлĕшпе куллен ĕçлеттерме тăрăшать. Кăçал хуçалăх руководителĕсене пурне те парти вĕренĕвне хутшăнтарнă тата вĕсем программа тăрăх палăртнă материалсене ăнăçлă вĕренсе пыраççĕ.

Социализмла экономикăна тата капитализм экономикине вĕренме хуçалăх руководителĕсем валли парти хула комитечĕ çумĕнче 1949 çултах политэкономи кружокĕ организацилерĕмĕр. Çак кружокра вĕренекенсем хушшинче предприяти директорĕсем 5 çын. Халĕ кунта Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă гениллĕ произведенине вĕренеççĕ. Партин хула комитечĕ çумĕнчи тата чугун çул узелĕнчи каçхи партшкулсенче хуçалăх руководителĕсенчен 12 çын вĕренет. Партшкулсенче лекцисене парти хула комитечĕн секретарĕсемпе ытти ответлă работникĕсем, чугун çул узелĕнчи политотдел работникĕсем вулаççĕ.

Экономикăн практикăллă ыйтăвĕсене вĕрентме хула Совет исполкомĕ çумĕнче вырăнти промышленноçпа кооператив промышленноçĕн предприятийĕсен руководителĕсем валли курс организациленĕ. Унта хулари предприятисенчи квалификациллĕ специалистсем предприятире ĕçе мĕнле планламалли çинчен, хозрасчет çинчен, продукцин хăйне ларакан хакне йўнетмелли майсем çинчен тата ытти ыйтусемпе те чылай лекцисем вуланă.

Юлашки вăхăтра КПСС хула комитечĕ тата пуçламăш парторганизацисем хуçалăх кадрĕсем марксизм-ленинизм теорине вĕреннине тĕрĕслесе тăрас ĕçе чылай лайăхлатрĕç. Парти вĕренĕвĕ мĕнле пыни çинчен парти хула комитечĕн бюровĕнче тата коммунистсен пухăвĕсенче час-часах сўтсе яваççĕ. Çакă вăл политшкулсемпе кружоксенче ирттерекен занятисен идейăллă шайне ўстерме чылай пулăшрĕ.

Хуçалăх руководителĕсенчен нумайăшĕ, марксизм-ленинизм теорине тимлĕн вĕреннипе пĕрлех, хăйсен культурăллă-техникăллă шайне ўстерес, предприятие ертсе пымалли искусствăна лайăх вĕренсе çитес тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлеççĕ. Пăравуссем юсакан заводра Е. Соколов коммунист цехри мастертан предприяти руководителĕ таран ўссе çитĕнчĕ. Завода килсенех вăл сборочнăй цехра мастер пулса ĕçлерĕ. Соколов юлташ лайăх ĕçленипе тата парторганизаци панă порученисене активлă пурнăçланипе пĕрлех, политикăллă тата техникăллă пĕлĕве ўстерес тĕлĕшпе ывăнма пĕлмесĕр ĕçлерĕ. 1951 çулта ăна пăравуссем юсакан заводăн начальникне лартрĕç. Вăл ертсе пыма пуçланăранпа заводра ĕç пахалăхĕ нумай лайăхланчĕ. Цехсене çĕнетсе лайăхлатас, пурăнмалли çуртсем тăвас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттернĕ. Завод 1952 çулхи производство планне срокчен тултарчĕ, планран ирттерсе 640 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларчĕ. Кăçалхи январьпе февраль уйăхĕсен планне те ăнăçлă тултарнă. Завод çул-йĕр министерствин малта пыракан предприятийĕсенчен пĕри шутланать.

Соколов юлташ, хуçалăх енĕпе пысăк ĕçсем туса пынипе пĕрлех, парторганизаци ĕçне активлă хутшăнать. Вăл чылай вăхăт хушши партбюро секретарĕ тата пропагандист пулса ĕçленĕ. Кăçал Соколов юлташ парти историне первоисточниксем тăрăх вĕренмелли кружока ертсе пырать.

Республикăри парторганизацин XXIV-мĕш конференцийĕ Соколов юлташа Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн делегатне суйласа питĕ пысăк чыс турĕ. Партин историллĕ съездĕнчен таврăннăранпа Соколов юлташ съезд решенийĕсене рабочисемпе колхозниксене ăнлантарса парас тĕлĕшпе тимлĕн ĕçлет. Рабочисемпе служащисем, инженерсемпе техниксем, ялхуçалăх работникĕсем хушшинче вăл КПСС XIX-мĕш съезчĕн итогĕсем çинчен вуншар докладсемпе калаçусем ирттерчĕ.

Акă тепĕр тĕслĕх. Н. Арбузов юлташ чернорабочирен пуçласа пысăк комбинат директорĕ таран ўссе çитĕнчĕ. Вăл 1930 çултанпа пĕр улшăнмасăр йывăçран тĕрлĕ япаласем тăвакан комбинат директорĕ пулса ĕçлет. Арбузов юлташ ертсе пыракан комбинат производство планне кашни çулах ăнăçлă тултарса пырать. Пĕлтĕр çулталăкри плана Сталинла Конституци кунĕ тĕлне тултарнă.

Арбузов юлташ комбината ăнăçлă ертсе пынипе пĕрлех обществăллă-политикăллă ĕçе активлă хутшăнать. Вăл—КПСС хула комитечĕн членĕ тата хула Совечĕн депутачĕ.

Парторганизаци администраци ĕçĕсене яланах тĕрĕслесе тăни тата хуçалăх ĕçĕнчи çитменлĕхсене критиклени хуçалăх кадрĕсене тĕрĕс вĕрентсе ўстермелли паха услови пулса тăрать. Çакна шута илсе, комбинатри пуçламăш парторганизаци коммунистсен пухăвĕсенче тата партбюро ларăвĕсенче хуçалăх ĕçĕсем çинчен директор доклачĕсене час-часах итлет. Çав пухусем яланах питĕ активлă иртеççĕ, коммунистсем производствăри çитменлĕхсемшĕн хуçалăх руководителĕсене хăюлăн критиклеççĕ.

Критикăпа самокритикăна сарса пыман, парторганизаци администраци ĕçне куллен тĕрĕслесе тăман çĕрте вара хуçалăх кадрĕсене вĕрентсе ўстерес ĕç кирлĕ пек пулса пымасть, çавна пула хуçалăх руководителĕсем обывательсен картне анса лараççĕ. Улатăрти автотранспорт кантурĕн начальникĕ Ассорин юлташ хăйĕн политикăллă тата ĕçлĕ квалификацине ўстерсе пымасть, каçхи партшкул занятийĕсене çўреме пăрахнă, хăйĕн служебăри вырăнĕпе усă курса, киревсĕр ĕçсем тăвас çул çине тăнă. Çакă ĕнтĕ пĕтĕмпех кунти пуçламăш парторганизаци администраци ĕçне тĕрĕслесе тăманнинчен, коллективра критикăпа самокритикăна сарса пыманнинчен килнĕ.

Хуçалăх кадрĕсене вĕрентсе ўстерес ĕçе хулари апат-çимĕç комбинатĕнчи тата Çул-йĕр министерствин техникумĕнчи пуçламăш парторганизацисем те япăх туса пынă. Хулари апат-çимĕç комбиначĕ нумай вăхăт хушши начар продукци туса кăларнă, çавна пула унăн продукцийĕ сутăнман, предприяти укçа-тенкĕ енĕпе йывăрлăха кĕрсе ўкнĕ, темиçе уйăх производство планне тултарайман. Çакна пуçламăш парторганизаци тата унăн секретарĕ Кочегарова юлташ курса тăнă пулин те, ун çинчен коммунистсен пухăвĕнче сўтсе явман. Апат-çимĕç комбинатĕнче çитменлĕхсене критиклес йĕрке пулман, парторганизаци администраци ĕçне тĕрĕслесе тăман. Çак предприятире государство дисциплинине пăснисене пĕтерме парти хула комитечĕпе хула Совет исполкомĕн тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла пулчĕ.

Çул-йĕр министерствин техникумĕнче критика пулман теме çук. Парти пухăвĕсенче коммунистсем яланах критикăллă сăмахсем тухса каланă, анчах та çав критика техникум руководителĕсене тĕкĕнмен, иккĕмĕш вырăн йышăнса тăракан работниксене кăна тивнĕ. Витĕмлĕ критика пулман тата парторганизаци техникум руководителĕсем хăйсен пĕлĕвĕсене мĕнле ўстернине тĕрĕслесе тăман пирки техникум начальникĕ Осиповский юлташ хăйĕн пĕлĕвĕсене ўстерме тăрăшман, техникум коллективĕнчен уйрăлса кайнă, государство дисциплинипе парти дисциплинине пăсас çул çине тăнă. Техникумра вĕрентўпе воспитани ĕçĕ япăхланнă, вĕренекенсем занятисене çўресси тата вĕренўре ăнăçсăр пырасси чакнă. Çул-йĕр министерствин техникумĕ мĕнле ĕçлени çинчен КПСС хула комитечĕн бюровĕнче сўтсе явнă хыççăн кăна кунта ĕçри çитменлĕхсене пĕтернĕ. Халĕ техникумри парторганизаци самокритикăна тата уйрăмах аялтан килекен критикăна тимлĕн сарса пырать.

Çак тĕслĕхсем хуçалăх кадрĕсене вĕрентсе ўстерес ĕçе лайăхлатма, самокритикăпа аялтан килекен критикăна анлăн сарса пыма, парторганизаци администраци ĕçне ялан тĕрĕслесе тăма кирлине тепĕр хут çирĕплетсе пáраççĕ.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съездĕнче Г. М. Маленков юлташ çапла каларĕ: «Кам идейăпа политика тĕлĕшĕнчен юлса пырать, кам пĕрре вĕреннĕ формулăсемпех пурăнать тата çĕннине туймасть, вăл шалти тата тулашри лару-тăрăва тĕрĕс ăнланма пултараймасть, вăл движени пуçĕнче тăма пултараймасть, тăма та тивĕçлĕ мар, ăна пурнăç хăçан та пулсан пурпĕрех шутран кăларса пăрахать. Хăй пĕлĕвĕсене яланах ўстерекен, марксизм-ленинизма творчествăллă вĕренсе ăса илекен, ленинла-сталинла сăнарлă деятель пахалăхĕсене илсе, çав пахалăхсене хăйĕнче ўстерсе пыракан руководитель кăна пирĕн парти задачисен çўлĕшĕнче тăма пултарать».

Çак кăтартусене шута илсе, промышленноçпа транспорт предприятийĕсенчи пуçламăш парторганизацисем тата КПСС хула комитечĕ хуçалăх кадрĕсем хушшинче партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене тата И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă гениллĕ ĕçне вĕренессине анлăн организацилеççĕ, хуçалăх кадрĕсен политикăллă тата ĕçри пĕлĕвĕсене куллен ўстерсе пыраççĕ.

**И. ЕРЕМИН,**

**КПСС Улатăр хула комитечĕн секретарĕ.**

# Хамăр республика тăрăх

★

## Библиотекăн паха ĕçĕсем

ÇĔРПУ. Районти библиотека Ленин урамĕнчи пĕр таса та илемлĕ çурта вырнаçнă. Библиотекăри кĕнекесен шучĕ çултан-çул ÿссе пырать. Библиотека заведующийĕ пулса 1951 çулта Çĕрпÿри библиотека техникумĕнчен вĕренсе тухнă Н. Александрова юлташ ĕçлет. Вăл хăйĕн ĕçне чунтан юратса, план тăрăх туса пырать.

1952 çулта кĕнеке илсе вулакансен хисепĕ 884 çын пулнă пулсан, кăçалхи икĕ уйăх хушшинчех вулакансен хисепĕ 600 çынтан иртнĕ. Библиотекăна кашни кунах 80—100 вулавçă пырать.

Кĕнеке илсе вулакансем хушшинче ĕлĕк хутла пĕлмен чăваш хĕрарăмĕсене те курма пулать. Акă, Çĕрпÿ хулинче пурăнакан Ульяна Галантионова юлташ кăçал чăвашла 12 кĕнеке илсе вуланă. Вулама, çырма вĕреннĕшĕн вăл Совет правительствине чунтан тав тăвать.

Районти библиотека ĕçсыннисен культурăллă ыйтăвĕсене тивĕçтерес тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса иртерет. Коммунизм стройкисем çинчен каласа паракан фотовитрина тунă. Çавăн пекех «Совет Союзĕн коммунизмшăн кĕрешес ĕçри пысăк ÿсĕмĕсем», «Пилĕк çуллăх план—пирĕн çĕршыва чечеклентерсе аталантармалли аслă программа», «Ленин—Сталин партийĕ—ССР Союзĕнче коммунизм тăвассине пуçарса тата ертсе пыраканĕ» тата ытти темăсем тăрăх фотовитринăсем тунă. Çавăн пекех «Партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсем» тата «XIX-мĕш съезд материалĕсене вĕренĕр» темăсем тăрăх фотовитринăсемпе кĕнекесен выставкине организациленĕ. Районти колхозсем хĕрсех çуракине хатĕрленнĕ вăхăтра районти библиотека «1953-мĕш çулти çуракине лайăх хатĕрленер, пысăк пахалăхпа иртерер» тема тăрăх фотовитрина тунă.

Библиотекăра час-часах вулакансен конференцийĕсем пулаççĕ.

Районти библиотека заочно вĕренекенсене те пысăк пулăшу парать.

**Г. ПАВЛОВ.**

## Вĕрентÿ пайĕ заведующийĕсен семинарĕ

ЕЛЧĔК. Районти педкабинет (заведующийĕ ЧАССР шкулĕсен тава тивĕçлĕ учителĕ И. С. Сергеев юлташ) шкулсен вĕрентÿ пайĕ заведующийĕсен семинарĕсене час-часах иртерет. Нумай пулмасть çавăн пек семинар Таяпа Энтринчи çичĕ çул вĕренмелли шкулта пулчĕ. Семинарта пулнисем ватă учительница А. Е. Антонова юлташ III-мĕш класра вырăс чĕлхипе иртернĕ урока итлерĕç, унăн нумай çул хушши пухнă паха опычĕпе паллашрĕç, шкулта ачасен тетрачĕсене мĕнле майсемпе тĕрĕсленине, поведени дневникĕсене мĕнле çырса пынине пăхса тухрĕç, кружоксен ĕçĕсене мĕнле организациленни çинчен ыйтса пĕлчĕç.

Семинарта Таяпа Энтринчи çичĕ çул вĕренмелли шкулăн вĕренÿ пайĕн заведующийĕ Н. Я. Макаров юлташ «Ачасен характеристикине мĕнле çырмалли çинчен» доклад туса пачĕ. Çак доклада сÿтсе явма семинара пухăннисем активлă хутшăнчĕç, шкулти çитменлĕхсене палăртрĕç, вĕсене мĕнле пĕтермелли çинчен каласа пачĕç.

Семинарсем иртерни вĕрентÿ пайĕ заведующийĕсен методикăллă ăсталăхне ÿстерме нумай пулăшать.

**О. САЗОНОВ.**



**Шупашкарти макарон фабрикинче.**

Н. А. Титова агитатор фабрикăри рабочисемпе работницăсене СССР Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕн материалĕсемпе паллаштарать.

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

## Ĕçри çĕкленÿ

Шупашкарти макарон фабрикин коллективĕ, пĕтĕм совет çыннисемпе пĕрле, СССР Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕн решенийĕсене хапăл туса йышăнчĕ.

Рабочисемпе служащисем сесси йышăннă историллĕ законсемпе тата постановленисемпе паллашаççĕ. М. Миронов, Н. Титова, Г. Николаев агитаторсем совет халăхĕ, хăйĕн пысăк вăйĕсем çине çирĕппĕн шанса тăрса, коммунизм строительствин аслă ĕçне туса пыни çинчен калаçусем иртереççĕ.

Рабочисемпе работницăсем Г. М. Маленков, Л. П. Берия тата В. М. Молотов юлташсем каланă сăмахсене тата СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕ йышăннă законсене чĕререн ырлаççĕ, ĕç нормине кулленех иртерсе тултарса пыраççĕ. Юлашки кунсенче фабрика производство планне иртерсе тултарать.

Н. Тарасова прессовщица икĕ эрнери ĕç нормине 120 процент тултарчĕ. Унпа ĕçлекен М. Липинăпа М. Малова та ĕçре пысăк çитĕнÿсем турĕç. Типĕтмелли цехра ĕçлекенсем те вĕсенчен юлмаççĕ. К. Кальцанова юлташ ĕç нормине 130 процент, В. Белякова юлташ—125 процент, Н. Васильева юлташ ертсе пыракан бригада 120 процент тултарчĕç. Упаковочнăй цехра ĕçлекен А. Швед бригади сменăри задание 140 процент тултарать.

Фабрикăра ĕçлекен работницăсем хушшинче пĕр вăхăтрах темиçе машинăпа ĕçлесси сарăлса пырать. М. Борисова работница кăткăс машинăсемпе паллашнă хыççăн, икĕ машинăпа ĕçлеме пуçларĕ. Вăл чуста çăрнă çĕрте тата раскладчица пулса ĕçлет. Икĕ машинăпа ăнăçлăн ĕçлесе, вăл ĕç нормине яланах 150—160 процент тултарса пырать, паха продукци туса кăларать.

**И. СЕРГЕЕВ.**

## Тĕрĕ ăстисем патĕнче

Тĕрĕ тĕрлесси чăваш хĕрарăмĕсем хушшинче ĕлĕкренпех сарăлнă. Çивĕч куçлă хĕрсен аллинчи тĕрĕ йĕппи мĕнле кăна тĕрĕ туман пулĕ!

Тĕрĕ ăстисем пирĕн республикăра халĕ те нумай. Шупашкарти «Красный кустарь» артелĕн тĕрĕ тĕрлекен цехне кĕрсен, çĕвĕ машинисен пĕр тикĕс шавне илтетĕн. Машина йĕппи кашни чиксе тухмассеренех юр пек шурă пир çинче куç умне тĕрĕ тухса пырать. Мĕнле кăна тата миçе тĕслĕ тĕрĕ çук пулĕ кунта!

Клавдия Гаранина комсомолка—пĕтĕм артелĕпе паллă стахановка. Вăл артель правленийĕпе культура совечĕн членĕ. 1945 çулта ăна, Çĕрпÿри профтехшкул пĕтернĕ хыççăн, «Красный кустарь» артеле ĕçлеме янă. Вăл Шупашкара килнĕренпе 7 çул ытла иртрĕ. Клавдия Гаранина ăста мастер пулса тăчĕ.

Цехри хĕрсем пурте хăйсен ĕçне аван пĕлеççĕ, производство планне яланах тултарса пыраççĕ. Иртнĕ çулта цехăн пурĕ 174.000 тенкĕлĕх продукци туса кăлармалла пулнă пулсан, вĕсем 220.900 тенкĕлĕх продукци панă. Иртнĕ çулта цех 22 тĕрлĕ продукци туса кăларнă. Кăçалхи январь уйăхĕнче 20.300 тенкĕлĕх тавар туса кăлармалла пулнă пулсан, 24.200 тенкĕлĕх туса кăларнă, уйăхри плана 120 процент тултарнă. Февраль уйăхĕнчи задание те цех чыслăн пурнăçларĕ.

Тĕрĕ ăстисем хушшинче паллă стахановкăсене—Нина Дуненкова, Оля Минюкова, Зина Карамышева тата ытти тĕрĕ ăстисене курма пулать. Задание иртерсе тултарнăшăн вĕсене хисеплĕ грамотăсем панă. Кунти паллă стахановкăна Клавдия Яковлевна Гаранинăна Шупашкар хула Советне депутата суйланă. Вăл халăх шанăçне чыслăн пурнăçласа пырать.

**Н. ИЛЬИН.**

## Çамрăк натуралистсен сăнавĕ

ÇЕМĔРЛЕ. Иртнĕ çулхи апрель уйăхĕнче çамрăк натуралистсем ыйтнипе Алтай крайĕнчи Славгородри государство селекци станцийĕ виçĕ сорт кукуруза ярса пачĕ. «Славгородский 4» текен сорта çамрăк натуралистсем 40 тăваткал метр çине 100 грамм акрĕç, 18,3 килограмм таса кукуруза вăрри пухса илчĕç.

Çĕнĕ культура мĕнле ÿснине сăнасах тăчĕç, хăйсен сăнавпе дневник çине çырса пычĕç. Кукурузăна майăн 29-мĕшĕнче акнă, 6—9 кунтан калча шăтса тухнă. Июлĕн 15-мĕшĕнчен пуçласа кукуруза чечексем кăларма тытăннă. Тепĕр тăватă кунтан кукуруза пуçĕсем тытăнма пуçланă. Август пуçламăшĕнче хăшпĕр тунасем çинче кукуруза пуçĕсем ĕлкĕрме тытăннă. Анчах ĕлкĕрессе кукуруза пĕр тикĕс, пĕр тан ĕлкĕрмест, вăл октябрь уйăхĕччен ĕлкĕрсе тăрать. Октябрĕн 10-мĕшĕнче кукурузăна ана çинчен пĕтĕмпех пухса кĕртнĕ.

Кукурузăна хăйăрлă тăпра çине акнă. Унччен малтанхи çул ку участок çине ут тислĕкĕ тăкнă.

Акасса ретлĕ майпа, ретсем хушшине 50 сантиметр, пĕрчĕсем хушшине 20 сантиметр пушă вырăн хăварса акнă. Çу каçиччен икĕ хутчен çумланă, йăран хушшине çемçетсе кăпкалатнă, икĕ хутчен фосфорпа кали йышши минераллă удобренипе апат панă.

1952 çулта пухса илнĕ кукуруза вăрлăхне сăнавсем тума «Комбинат», «Победа» колхозсене тата республикăри 250 ытла шкула ярса панă.

Çакăн çинчен çамрăк натуралистсем кукурузăн çак сортне кăларнă станцине—Славгородри селекци станцине тĕплĕн çырса пĕлтерчĕç. Нумаях пулмасть вĕсем унтан ответ илчĕç. Ответлă çырура станци директорĕпе кукуруза ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекен научнăй работник натуралистсене «Славгородский 4» сорта сăнаса тишкĕрес тата ăна сарас тĕлĕшпе ĕçленĕшĕн тав тăваççĕ.

**Е. АФАНАСЬЕВ.**

## Армян халăхĕн аслă поэчĕ

### (Ованес Туманян вилнĕренпе 30 çул тултарнă тĕле)

Армян халăхĕн аслă поэчĕ Ованес Туманян, ытти чаплă художниксем пекех, хăйĕн пĕтĕм творчествине халăх пурнăçĕпе таччăн çыхăнтарнă. Унăн произведенийĕсем паян кун та çынсен чун-чĕрисене хавхалантараççĕ. Туманян творчестви армян халăхĕшĕн çеç мар, пĕтĕм прогрессивлă этемлĕхшĕн пысăк пуянлăх пулса тăрать.

Армян халăхĕн юратнă поэчĕ Ованес Туманян питĕ нумай çырнă. Кавказри халăхсем хушшинче унăн ячĕ хăй вăхăтĕнчех паллă пулнă. Халĕ Ованес Туманян Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсемшĕн тăван поэт пулса тăчĕ. Унăн чи лайăх произведенийĕсене вырăссен, украинецсен, грузинсен, азербайджанецсен чĕлхи çине куçарнă. Туманян армян литературинче лирикăпа эпос никĕсне хываканĕ пулнă. Çав вăхăтрах вăл чаплă новеллăсемпе калавсем те, халапсемпе юмахсем те тата критикăпа публицистикăллă статьясем те нумай çырнă. Туманянăн энциклопедилле пуян творчестви армян халăхĕн XIX-мĕш ĕмĕр вĕçĕнчи тата XX-мĕш ĕмĕр пуçламăшĕнчи пурнăçне питех те анлăн кăтартса парать.

* * *

Ованес Туманян 1869 çулта çуралнă. Унăн çамрăк кунĕсем Лорире—Арменири чи илемлĕ районта иртнĕ. Мĕн пĕчĕкренех вăл çутçанталăка, халăх чĕлхине, халăх пултарулăхне юратнă. Каярахпа Туманян Лори вăрманĕсемпе тăвĕсем çинчен, чашласа анакан шывсем çинчен илемлĕ сăвăсем питĕ нумай çырнă.

Поэтăн чун-чĕрине илемлĕ çутçанталăк сăнĕсемпе халăхăн чаплă юррисем çав тĕрлĕ савăнтарнă пулсан, халăхăн йывăр пурнăçĕ, халăха пуянсем хĕсĕрлени вара поэта хытă кулянтарнă, тарăхтарнă.

Туманян—критикăллă реализм представителĕ. Хăйĕн «Ануш», «Маро», «Сако Лорийский» ятлă чаплă поэмисенче вăл кивĕ йăлапа пурăнакан ялсем икĕ класа уйрăлса тăнине, пуяннисем чухăннисене асаплантарса пусмăрланине, чухăнсем нушара, тĕпмĕшлĕ тĕттĕмлĕхре пурăннине кăтартса парать. «Сухаçă юрри», «Авалхи пиллĕх», «Йывăр çул», «Хÿхлеш», «Чугун çулĕ» произведенисенче поэт тĕрлĕ сĕлĕхсене—купцасемпе ялти çĕрме пуянсене—тавадсене питлет, вĕсене намăс юпи çумне ĕмĕрлĕхех пăталать.

Туманян çак тапхăрта хурлă япаласем нумай çырнă, анчах та поэт пуç усма хушмасть, унăн произведенийĕсенче халăх ылханĕ вĕресе тăрать, вăл патша влаçĕпе кĕрешме, ăна сирпĕтме чĕнет. «Капла пулас çук» поэмăра вăл çĕнĕ кунсем килессине, чухăн çын хăй телейне тупассине кăтартса парать.

Туманян хăйĕн ĕмĕрне халăхшăн кĕрешсе иртернĕ. 1905 çулта, Сталин юлташ ертсе пынипе Кавказ леш енчи халăхсем хушшинче революциллĕ юхăм сарăлса кайсан, хăраса ÿкнĕ патша правительстви, революцие юн ăшне путарас тесе, пĕр халăха теприне вăрçтарса погромсем тума тытăнать. Патша тарçисем армянсен контрреволюциллĕ «Дашнакцутюн» текен партийĕпе азербайджансен националисчĕсене вĕслетсе, армянсемпе азербайджанецсем хушшинче юнлă çапăçу тăваççĕ. Ованес Туманян тăвана тăван вĕлерни çине ахаль пăхса тăма пултарайман. Вăл, шурă ялав йăтса, Лора, Казах тата Борчалински районсенчи ялсем тăрăх çÿрет, халăхсене мирлĕ пурăнма чĕнет. Çав тапхăр çинчен поэт çапла çырнă: «Халĕ мана литературăра хам тунă çитĕнÿ мар, пĕр-пĕрин çине çĕкленнĕ халăхсене лăплантма, хĕçе хăй йĕннине чикме чĕнни, гискер вилĕмрен айăпсăр çынсене пиншерĕн çăлса хăварма пултарни савăнтарать». Патша тарçисен танатипе лекнипе ĕçсыннисен пĕр сийĕ революциллĕ юхăма хутшăнайман. Çакăн çинчен поэт пĕр çырăвĕнче хурланса çырать. «Халăхсене пĕр-пĕринпе намăслăн хирĕçтерсе юн тăктарнă пирки эпир Российăри аслă кĕрешÿ юхăмĕнчен пăрăнса юлтăмăр», тенĕ вăл пăшăрханса.

Хăйĕн нумай произведенийĕсенче Туманян халăхсем хушшинчи туслăхпа тăванлăх çинчен çырнă. Çакă унăн чаплă поэминче — «Давид Сасунскинче» уççăн палăрать. Поэтăн интернационализмла шухăшĕ пирĕ паян кун та хытă пулăшать, тĕрлĕ националистсене вирлĕн пырса çапать, ÿсекен çамрăк-кĕрĕме тăванла халăхсене юратма, туслăха çирĕплетме вĕрентет.

Вырăссен пĕрремĕш революцине путарса лартни армян интеллигенцин пĕр сийĕнче пессимизмла шухăш çуратнă, хăшпĕр писательсем те пуç уснă. Анчах та Туманян çав йывăр çулсенче те хăйне паттăр тытнă. Ăна патша тарçисем Метех тĕрмине хупса лартнă, поэт тĕрмере те çирĕп пулнă, хăй шанчăкне çухатман.

Туманян поэзийĕ—патриотизмла поэзи. Поэтăн кашни йĕрки халăх пурнăçĕпе тачă çыхăннă. Пĕтĕм чун хавалĕпе юратнă вăл хăйĕн тăван Арменине. Вăл ăна ирĕкре, телейре курасшăн çуннă, ун асапне, ун хурлăхне хăй чĕрипе тÿссе иртернĕ.

Пĕрремĕш тĕнче вăрçи вăхăтĕнче Ованес Туманян хăй сассине халăхшăн çĕкленĕ, этемлĕхĕн прогрессивлă ывăлĕсемпе пĕрле юнлă вăрçа хирĕç протест тунă. Поэт кашни утăмрах империалистсем кÿнĕ хăрушлăха курнă, хытă хурланнă, мул хуçисене ылханнă. «Империализм мĕнле кăна тискер пулсан та, мĕнле кăна ирсĕр ĕçсем тусан та, ăна пурпĕрех çапса аркатаççĕ», тенĕ Туманян.

Туманян хăйĕн çĕршывĕн чи йывăр кунĕсене тÿссе иртернĕ. Вăл армян халăхĕ вилĕм шăтăкĕ умĕнче тăнине курнă, анчах та вăл армянсем телейлĕ çул çине тухнине те курнă. Çав çула армян халăхне Ленинпа Сталинăн паттăр партийĕ кăтартса пачĕ. «Улталаннă тата тĕттĕмре пурăннă армян халăхĕ,—тесе çырнă поэт,—çĕнĕрен Россия енне пăхма тытăнчĕ, пире пулăшма çĕнĕ Россия килчĕ...»

Туманян Арменире совет влаçĕ туса хунине Арменири интеллигенцинчен пуринчен те малтан саламласа йышăннă, çамрăк республика ĕçне хĕруллĕн хутшăннă. «Çу власть—пирĕн власть,—тесе çырнă вăл.—Унăн гербĕ çине тискер кайăксемпе хĕçпăшал хатĕрĕсене ÿкермен, рабочисемпе хресченсен ĕç символне—çурлапа мăлатук ÿкерсе хунă. Çĕнĕ власть вăрçăсемпе хуçалăха юхăнтарасси патне мар, туслăх патне, мирлĕ пурнăç патне, пархатарлă ĕç патне илсе пырать».

Ованес Туманян вăхăтсăр вилнĕ. Йывăр чир чаплă поэтăн, гражданинăн кунçулне ир татнă. 1923 çулти мартăн 23-мĕшĕнче юрăç чĕри тапма чарăннă.

Армян халăхĕ хăйĕн телейĕшĕн кĕрешсе пурăннă чаплă ывăлĕсен ячĕсене яланах чысласа асăнать. Ованес Туманян çав чаплă çынсенчен пĕри пулнă. Унăн таса та çутă ячĕ халăх асĕнче ĕмĕрех пурăнĕ.

**Р. ГРИГОРЯН,**

**филологи наукисен кандидачĕ.**

# Уй-хир бригадисемпе трактор бригадин ĕçри туслăхĕ

Партин XIX-мĕш съезчĕ машина-трактор станцийĕсем умне питĕ ответлă задачăсем кăларса тăратрĕ. Вĕсен ĕçе лайăхлатмалла, колхоз производствин мĕнпур отраслĕсенчи вăй нумай ыйтакан ĕçсене механизацилемелле. Ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне, выльăх-чĕрлĕх йышне тата тухăçлăхне ÿстермелли плансене тултарас ĕçре МТС-сен ответлăхĕ ÿсрĕ.

Çак задачăсене пурнăçа ăнăçлă кĕртсе пырас тĕлĕшпĕ трактор бригадисемпе уй-хир бригадисем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлени, вĕсен хушшинчи ĕçри туслăх пысăк вырăн йышăнса тăрать. Çакна кăтартса пама эпир Вăрнар МТС-ĕн 11-мĕш трактор бригадин механизаторĕсемпе Вăрнар районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхозри уй-хир бригадисем хушшинчи ÿссе пыракан туслăх çинчен каласа парасшăн.

Жданов ячĕпе тăракан колхоз—нумай енлĕ пысăк хуçалăх. Вăл тĕп ĕçсене пурне те машинăсемпе тăвать. Колхоз çĕрĕ 1.500 гектар ытла, вăл шутра тырпул акса тумалли лаптăк 1.200 гектар ытларах. Колхоз ыраш, тулă тата ытти тĕштырăсем, техникăллă культурăсем, пахча çимĕç тата выльăх апачĕ тумалли культурăсем акать. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетесси те вăйлă аталаннă. Обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышне ÿстермелли плана çултан-çул тултарса пыраççĕ. Колхозăн лаша хисепĕ 200 пуçран иртнĕ, фермăсенче 200 пуçа яхăн ĕне выльăх, 300 ысена ытла, çавăн чухлех сурăх, 1.500 пуçа яхăн кайăк-кĕшĕк шутланать, 450 семье хуртхăмăр пур. Колхоз хура тилĕ ферми тытать.

Жданов ячĕпе тăракан колхозри ÿсĕмсем ялхуçалăх производствине вăйлă механизациленинчен килеççĕ. Ку колхозра Вăрнар МТС-ĕн 11-мĕш бригади ĕçлесе тăрать. Бригада бригадирĕ И. Алексеев юлташ—пысăк опытлă механизатор. Вăл кунта машина-трактор станци уçнăранпах (1931 çултанпа) ĕçлет.

Колхозри тĕп ĕçсене машинăсемпе туса пыраççĕ, терĕмĕр. Суха ĕçĕсене (ку шута хăмăл сухаласси те кĕрет), сÿрелессине, культивацие, тĕштырăсемпе курăксем тата силос культурисемпе выльăх апачĕн ытти культурисене акассине, пропашной культурăсен речĕсем хушшине кăпкалатса тăрассине, силос хывассине, тĕштырăсене вырса авăн çапассине—çак ĕçсене пĕтĕмпех машина-трактор станцийĕнчи тракторсемпе тата ытти машинăсемпе тăваççĕ. Çапла вара, ку колхозри ялхуçалăх производствинче МТС ертсе пыракан вырăн йышăннă. Колхоз правленийĕ пуринчен ытла колхозри ĕçе тĕплĕ организацилесе тăрас тĕлĕшпе ĕçлет, МТС паракан тракторсене, комбайнсене тата ытти машинăсене те пысăк тухăçлăхпа ĕçлеме кирлĕ условисем туса парать.

Колхозра тăватă уй-хир бригади. Тепĕр бригада выльăх апачĕ хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçлет. Бригадăсене çĕр участокĕсем, туртăм вăйĕ, ялхуçалăх инвентарĕ, транспорт хатĕрĕсем, производство çурчĕсем çирĕплетсе панă.

Бригадăсене ертсе пыма опытлă та пуçарулă колхозниксене уйăрнă. Вĕсем нумайранпа бригадир пулса ĕçлеççĕ.

Колхоз уйĕсенче ДТ-54, СТЗ-НАТИ, СХТЗ-7 йышши тракторсем пĕрер ĕçлеççĕ. Кунсăр пуçне, икĕ комбайн ĕçлет: пĕри—С-4, тепри—«Коммунар». Тракторсенчен кăкарса ĕçлемелли машинăсем çителĕклĕ. Çакăн пек вăйлă техникăпа трактор бригади производство заданисене вăхăтра пурнăçлать, уй-хир бригадин участокĕнчи пур ĕçсене те пĕтĕмĕшпех туса парать. Бригадăри трактористсем пурте çак колхоз членĕсем, вĕсен пурин те хăйсен профессийĕ енĕпе пысăк опыт пур. И. Константинов, П. Михайлов, И. Смирнов юлташсем тракторист пулса 15 çул ĕçлеççĕ, ыттисем те нумайранпа ĕçлеççĕ.

Трактор бригадинче прицепщиксем пулма колхоз 7 çын уйăрса панă. Вĕсене çулталăкри ялхуçалăх ĕçĕсем пĕтиччен пĕрре те улăштармаççĕ Вĕсенчен пĕри—Шиверов юлташ—КПСС членĕ, виççĕшĕ—ВЛКСМ членĕсем. Пур прицепщиксем те ялхуçалăх машинисене техника енчен пăхса усрамалли йĕркене лайăх пĕлеççĕ. Прицепщиксемсĕр пуçне, трактор бригадине çултан-çул А. Волков юлташ пулăшать. Вăл трактор бригади валли горючипе сĕрмелли çусем турттаракан пулса ĕçлет. Колхоз уйĕсем МТС-ăн горючи складĕнчен инçе мар,—А. Волков юлташ ку ĕçе те тата шыв турттарса парас ĕçе те пĕчченех ĕлкĕрсе пырать.

Трактор бригадине çавăн пек яланах пĕр çынсем пулăшса пыни вĕсен пĕр-пĕрин хушшинчи ответлăхне ÿстерет, вĕсем харпăр хăй ĕçне лайăхрах тума тăрăшаççĕ.

Жданов ячĕпе тăракан колхоз председателĕ пулса А. Семенов юлташ ĕçлет. Вăл ялхуçалăхĕн аслă шкулĕнчен вĕренсе тухнă специалист. Семенов юлташ уй-хир бригадисемпе трактор бригадин ĕçне яланах тăрăшса килĕштерсе йĕркелет. Бригадăсенчен пур ĕçсемшĕн те хытă ыйтса тăрать. Агротехника тĕлĕшпе тăвакан ĕçсене наукăпа малта пыракансен опычĕ кăтартса панă пек туса иртерме хушать, МТС колхозпа тунă договорта кăтартнă ĕçсене пурне те вăхăтра туса пама хистет. Семенов юлташ уй-хир бригадисемпе трактор бригадин ĕç планĕсене пĕрле пухăнса çирĕплетессине организацилет. Ялхуçалăх ĕçĕсен кашни тапхăрĕ валли кирлĕ ĕç планне тунă чухне колхоз председателĕпе трактор бригадин бригадирĕ пĕрле пăхса туса йышăнаççĕ. Вĕсем çав плансене тунă чухне ялхуçалăхĕнчи пуян техникăна тухăçлăрах ĕçлеме май паракан меслесене кăтартса параççĕ. Трактор агрегачĕсен маршрутне тĕплĕрех кăтартса пама тăрăшаççĕ.

Çавăн пек малтанах лайăх шухăшласа, пĕр вак-тĕвек ĕçе те манса хăвармасăр тунă плансем пурри 1952 çулта уй-хир бригадисен заданисене те, трактор бригадин заданине те ăнăçлă туса иртерме пулăшрĕ.

Трактор бригадин бригадирĕ И. Алексеев юлташ, уй-хир бригадисен бригадирĕсем А. Иванов, А. Степанов, В. Степанов, Н. Шамуков юлташсем кашни трактористран, кашни колхозникран агротехника правилисене пурнăçа çирĕп кĕртсе пыма, пур ĕçсене те лайăх тума ыйтаççĕ.

Пĕр-пĕр тракторист е уй-хир бригадинчи колхозник хăй ĕçне хăш енчен те пулин пăсса туни палăрсан, каçару пулмасть, ун пек ĕçе нихçан та ахаль хăвармаççĕ, тĕплĕ сÿтсе яваççĕ. Кашни кунах смена хыççăн трактор бригадин бригадирĕ уй-хир бригадин бригадирĕпе пĕрле трактористсем тунă ĕçе йышăнаççĕ.

1952 çулта çакăн пек ĕç пулчĕ. Тунă ĕçе йышăннă чухне А. Никифоров тракторист пĕр пĕчĕк участок çинче суха касси тарăнăшне 15—16 сантиметр кăна илсе пыни палăрчĕ. Çакăн çинчен çавăнтах пур трактористсем те, уй-хир бригадисенчи колхозниксем те пĕлчĕç. Вара çав ĕçе пăхса тухма ятарласа МТС-ран тата колхозран пĕрле пухнă производствăллă канашлу пулса иртрĕ. Канашлура колхоз председателĕ Семенов юлташ та, МТС директорĕ Андреев юлташ та пулчĕç. Пăсăк ĕçе айăплă трактористăн хăй шучĕпе тепĕр хут туса памалла пулчĕ тата ăна взыскани пачĕç. Çакăн хыççăн хăйсен ĕçĕн пахалăхĕ çине пурте тата лайăхрах пăхма пуçларĕç.

Жданов ячĕпе тăракан колхозра пуçламăш парторганизаци вăйлă. Парторганизаци бюровĕ колхозри парторганизаци ĕçне трактор бригадинчи парттрупăри коммунистсене те хутшăнтарать. Паллах, ку коммунистсем МТС-ри пуçламăш парторганизацире тăраççĕ. Вĕсем çапла пĕр шухăшлă йышлă пулса ĕçлени вăйлă тырпул тума илме нумай пулăшать. Колхозра тĕштырăсем те, техникăллă культурăсем те пысăк тухăçлă пулаççĕ. 1952 çулта çурхи тулă 98 гектар акнăччĕ. Гектартан вăтам шутпа ăна 16,7 центнер пухса кĕртнĕ. В. Павлов бригадир пулса ертсе пыракан уй-хир бригади участокĕнче кашни гектартан 21,1 центнер, Н. Шамуков юлташ бригади участокĕнче 18,3-шер центнер пухса илчĕç.

Выльăх апачĕ хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçлекен бригада та уй-хир бригадисенчен юлмасть. Ăна А. Степанов юлташ ертсе пырать. Бригада 12 гектар çинче кашни гектартан 400-шер центнер выльăх кăшманĕ пухса илчĕ. К. Ластухина юлташ ертсе пыракан звено 4 гектар çинче кашни гектартан 700-шер центнер выльăх кăшманĕ кăларнă.

Бригада обществăллă выльăх-чĕрлĕх валли силос та, ытти сĕтеклĕ апатсем те çителĕклĕ хатĕрлесе пачĕ. Апат лайăх çитернине пула выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ ÿссе пырать. Колхозра кашни сăвакан ĕнерен çулталăкра 1.600 литр сĕт суса илнĕ. Малта пыракан доярка Порфирьева юлташ хăйне çирĕплетсе панă 10 ĕнерен кашнинчен 2.042-шер литр сĕт суса илчĕ.

Нумаях пулмасть колхозниксен пĕрлехи пухăвĕнче МТС дирекцийĕпе колхоз правленийĕ çулталăк хушшинчи ĕçсем çинчен тунă отчетлă докладсене сÿтсе яврĕç. Пуху трактор бригадин 1952 çулхи ĕçĕсене ырласа хакларĕ. Тухса калакансем МТС ĕçĕнчи çитменлĕхсене те чылай кăтартса пачĕç. Чăнах та, 1952 çулта трактор бригади, çемçе суха çине кусарса шутласан, трактор ĕçĕсен планне 103 процент тултарнă, анчах комбайнпа тырă вырса пухса кĕртмелли ĕç планне чылаях тултарман. Çакăн пирки колхозра авăн çапас ĕç вăраха тăсăлнă. Пухура ытти çитменлĕхсем çинчен те каларĕç, çавăн пекех тата уй-хир бригадисен ĕçĕнчи çитменлĕхсене те манса хăвармарĕç. Пухура тухса калакансем колхоз хуçалăхне малалла аталантарса пыма пысăк резервсем пуррине кăтартса пачĕç. Пуху малалла мĕнле ĕçлемеллине, мĕн-мĕн тумаллине кăтартса хăварчĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăх умне кăларса тăратнă задачăсене пурнăçлама колхозăн тата трактор бригадин мĕнле ĕçлемелли çинчен уйрăмах тĕплĕн сÿтсе яврĕç.

Колхоз правленийĕпе пуçламăш парторганизаци МТС агрономĕсемпе пĕрле колхоз производствин 1953 çулхи планне туса хатĕрлерĕç. Ăна малтан бригадăсенче сÿтсе явса, колхозниксен пĕрлехи пухăвĕнче йышăнса çирĕплетрĕç.

Халĕ уй-хир бригадисенчи колхозниксемпе трактор бригадинчи механизаторсем хĕрсех çуракине хатĕрленеççĕ. Вăрлăхсем çителĕклĕ, вĕсене пĕтĕмпех сортласа тасатнă. 200 тонна ытла минераллă удобренисем илсе килнĕ. Уя 2.000 лав ытла тислĕк кăларнă. В. Степанов, Н. Шамуков бригадисем Вăрнар поселокĕнчи районти учрежденисенчен вырăнти удобрени турттараççĕ.

Машина-трактор станцийĕ тракторсем тата кăкарса ĕçлемелли инвентаре юсать. Ку ĕçе МТС мастерскойĕнче пĕтĕмпех узловой меслетпе тăваççĕ. 11-мĕш трактор бригадинчи трактористсем — Константинов, Чашкин, Михайлов юлташсем тракторсем юсанă çĕрте пĕтĕм вăя хурса ĕçлеççĕ.

Колхозниксемпе трактористсем пĕрле туса иртернĕ производствăллă канашлура, партин XIX-мĕш съезчĕ панă директивăсене шута илсе, 1953 çулта вăйлă тырпул ÿстерме сăмах пачĕç; вăтам шутпа кашни гектартан 18 центнертан кая мар тĕштырă пухса кĕртмелле, вăл шутран: ыраш, кĕрхи тата çурхи тулă—20-шер центнертан кая мар илмелле.

Ялхуçалăх ĕçченĕсем хăйсем илнĕ обязательствăсене пурнăçа кĕртесшĕн çирĕп шанса ĕçлеççĕ. Вĕсем ялхуçалăхĕнчи нумай ĕçсене машинăсемпе тума пултараççĕ, мĕншĕн тесен трактор бригади малта пыракан техникăпа пуян. Уй-хир бригадисемпе трактор бригадин ĕçри туслăхĕ çирĕпленнĕçем çирĕпленсе пырать.

**М. КРАСНОВ,**

**Вăрнар МТС директорĕн политика енĕпе ĕçлекен заместителĕ.**

# Антонин Запотоцкие Чехословаки Республикин президенчӗ пулма суйлани

ПРАГА, мартӑн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Паян республикӑн ҫӗнӗ президентне суйлама Прага Кремлӗн Владиславски залӗнче Наци пухӑвӗ пухӑннӑ. Наци пухӑвӗн сессийӗнче—правительство членӗсем, Чехословакири Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн секретарӗсем, ҫӗршыври общественноҫӑн нумай представителӗсем. Сессире ҫавӑн пекех хӑнасем: Совет Союзӗн Чехословакири Посолӗ А. Е. Богомолов, Китай Халӑх Республикин Чехословакири Посолӗ Тань Си-линь, халӑх демократи ҫӗршывӗсемпе туслӑ ҫӗршывсен дипломатиллӗ представителӗсем пулнӑ.

12 сехетре Наци пухӑвӗн председателӗ Олдржих Йон республикӑн ҫӗнӗ президентне суйлама пухнӑ Наци пухӑвӗн сессийӗ уҫӑлни ҫинчен пӗлтерет. Вӑл Вилем Широкий депутата сӑмах парать. В. Широкий Чехословакири Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн ячӗпе тата кӗрешӗвӗн Наци фрончӗн Центральнӑй Комитечӗ ячӗпе республика президенчӗ пулма Антонин Запотоцкий депутата суйлама сӗнет.

Депутатсемпе хӑнасем ура ҫине тӑрса тӑвӑллӑн алӑ ҫупаҫҫӗ.

Широкий депутат хӑйӗн сӑмахӗнче Антонин Запотоцкий рабочи класс ӗҫӗшӗн паттӑррӑн кӗрешни ҫинчен, вӑл Клемент Готвальдӑн шанчӑклӑ соратникӗ пулни ҫинчен каласа парать.

Наци пухӑвӗн депутачӗсем, пурте пӗр шухӑш-кӑмӑллӑ пулса, Чехословаки республикин президенчӗ пулма Антонин Запотоцкие суйлаҫҫӗ.

Наци пухӑвӗн председателӗ республика президентне суйлани ҫинчен пӗлтерет, ҫак пӗлтерӗве депутатсемпе хӑнасем тӑвӑллӑн алӑ ҫупса ырлаҫҫӗ.

Владиславски залӑн ҫурчӗ ҫине Чехословаки Республикин государство ялавне ҫӗклеҫҫӗ, артиллери залпӗ кӗрлесе каять.

Широкий депутат Наци пухӑвӗ хушнипе Антонин Запотоцкий патне, ӑна республика президенчӗ пулма суйлани ҫинчен пӗлтерме, каять.

12 сехет те 30 минут. Фанфарӑсем янраҫҫӗ. Ҫак вӑхӑтра республикӑн ҫӗнӗ президенчӗ Антонин Запотоцкий Вилем Широкипе пӗрле Владиславски зала пырса кӗрет.

Депутатсемпе хӑнасем Антонин Запотоцкие хӗрӳллӗн саламлаҫҫӗ. «Сывӑ пултӑр Запотоцкий!», тесе кӑшкӑрнӑ сасӑсем илтӗнеҫҫӗ.

Наци пухӑвӗн председателӗ Олдржих Йон президента саламлать, ӑна конституции 75-мӗш статьи тӑрӑх присяга пама ыйтать. Антонин Запотоцкий присяга парать.

Чехословакипе Совет Союзӗн гимнӗсене калаҫҫӗ. Владиславски залӑн ҫурчӗ ҫинчен Чехословаки республикин государство ялавне антараҫҫӗ те президент ялавне ҫӗклеҫҫӗ.

Наци пухӑвӗн председателӗ Олдржих Йон президента чӗнсе сӑмах калать. Вӑл хӑйӗн сӑмахне ҫак сӑмахсемпе вӗҫлет: «Халӑх демократи республикипе ҫӗнӗ президента Антонин Запотоцкие мухтав!»

Сессире пулнисем пурте виҫӗ хутчен: «Мухтав! Мухтав! Мухтав!», теҫҫӗ.

Республика президенчӗ Антонин Запотоцкий Наци пухӑвӗн председателӗпе Олдржих Йонпа тата ытти депутатсемпе пӗрле «кивӗ парламент» залне каять, унта вӑл Наци пухӑвне панӑ присяга текстӗ ҫине алӑ пусать. Ҫакӑн хыҫҫӑн Наци пухӑвӗн председателӗн заместителӗ Анежка Годинова-Спурна Наци пухӑвӗн сессине хупни ҫинчен пӗлтерет.

Депутатсемпе хӑнасем Прага Кремлӗн картишне тухаҫҫӗ. Унта хисеплӗ хурал тӑрать. Пӑртак вӑхӑт иртсен, хисеплӗ хурал патне республика президенчӗ Антонин Запотоцкий правительство членӗсемпе тата Наци пухӑвӗн президиумӗн членӗсемпе пӗрле тухать. Президента наци оборонин министрӗ арми генералӗ Алексей Чепичка кӗтсе илет. Вӑл Антонин Запотоцкие президент тата республикӑн хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсен Верховнӑй главнокомандующийӗ пулса тӑнӑ ятпа саламлать, Чехословаки ҫарӗ малашне те халӑх демократи государствине шанчӑклӑн хӳтӗлесе тӑрӗ, тесе шантарса калать.

Чехословакипе Совет Союзӗн государство гимнӗсене калаҫҫӗ. Ҫак вӑхӑтра иккӗмӗш хут артиллери залпӗ кӗрлесе каять.

Паян республика президенчӗ Антонин Запотоцкий Кремльте дипломати корпусне, ун хыҫҫӑн правительствӑпа Наци пухӑвӗн президиумне йышӑннӑ.

## Вилем Широкий—Чехословаки Республикин премьер-министрӗ

ПРАГА, мартӑн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Паян Чехословаки республикин президенчӗ Антонин Запотоцкий премьер-министр пулма Вилем Широкие уйӑрса лартнӑ.

Паянах премьер-министр Вилем Широкий присяга панӑ.

## Чехословакири Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн пленумӗ

ПРАГА, мартӑн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Чехословакири телеграф агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, паян Прага Кремлӗнче Чехословакири Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн пленумӗ пулса иртнӗ. Пленум республика президенчӗ тата парти председателӗ Клемент Готвальд юлташ вилнӗ пирки государствӑпа партие тытса тӑрас тӗлӗшпе туса иртмелли ӗҫсем ҫинчен сӳтсе явнӑ.

## Норвегири Коммунистсен партийӗн VIII-мӗш съезчӗ

ОСЛО, мартӑн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Паян Норвегири Коммунистсен партийӗн VIII-мӗш съезчӗ уҫӑлнӑ. Съезда делегатсемпе хӑнасем 300 ҫынна яхӑн пухӑннӑ.

Коммунистсен партийӗн председателӗ Э. Левлиен съезда уҫнӑ чухне И. В. Сталина асӑнса сӑмах каланӑ. Съезд делегачӗсем Иосиф Виссарионович Сталин ятне ура ҫине тӑрса, пӗр минутлӑха шӑп пулса, чысланӑ.

Съездӑн ертсе пыракан органӗсене суйланӑ хыҫҫӑн, съезд Францири, Швецири, Данири, Финляндири, Исландири Коммунистсен партийӗсен представителӗсем тухса каланӑ саламлӑ сӑмахсене итленӗ.

Съезд Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ янӑ саламлӑ телеграммӑна вуласа панине тӑвӑллӑн, нумайччен алӑ ҫупса йышӑннӑ. Ҫак телеграммӑна съезд делегачӗсем ура ҫине тӑрса итленӗ. Телеграммӑра ҫапла каланӑ:

**«НОРВЕГИРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙӖН VIII-мӗш СЪЕЗДНЕ**

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ Норвегири Коммунистсен партийӗн VIII-мӗш съезчӗн делегачӗсене тӑванла салам ярать, Норвеги коммунисчӗсене миршӗн, ҫӗршывӑн наци никама пӑхӑнманлӑхӗшӗн, Норвеги ӗҫҫыннисен пурнӑҫӗн интересӗсемшӗн кӗрешес ӗҫре ҫитӗнӳсем тума ырӑ сунать.

**Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ».**

Делегатсем ҫавӑн пекех Италири, Англири, Бельгири, Триестри Коммунистсен партийӗсенчен, Польшӑри рабочисен пӗрлешнӗ партийӗнчен, Венгрири ӗҫҫыннисен партийӗнчен тата Румынири рабочи партийӗнчен килнӗ саламлӑ телеграммӑсене вуласа панине алӑ ҫупса йышӑннӑ. Ирхи ларура политикӑллӑ ларӳ-тӑру тата парти задачисем ҫинчен компарти председателӗ Э. Левлиен доклад туса панӑ.

## Бельги халӑхӗ аслӑ Сталин ятне асӑнать

БРЮССЕЛЬ, мартӑн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Бельгире пур ҫӗрте те Иосиф Виссарионович Сталин ятне асӑнса масӑллӑ пухусем пулса иртеҫҫӗ.

Брюссель университетӗнче траурлӑ пуху пулнӑ. Пухӑва профессорсемпе студентсем хутшӑннӑ. Пухӑва уҫса, физически факультетра вӗренекен студентсен представителӗ ҫапла каланӑ:

И. В. Сталин — генилле мыслитель, ученӑй, чаплӑ полководец пулнӑ. Сталин ертсе пынипе Совет Ҫарӗ фашизма ҫӗмӗрсе тӑкас ӗҫре тӗп вырӑн йышӑнса тӑчӗ, этемлӗхе, вӑл шутра пирӗн халӑха та, фашистла чуралӑхран ҫӑлса хӑварчӗ. Генилле полководец Сталин миршӗн кӗрешекен чи шанчӑклӑ борец пулнӑ.

Бельги ҫамрӑкӗсемпе мӗнпур ӗҫҫыннисем Сталин ҫӗршывӗпе тытакан ҫыхӑнӑва тӗреклетсе пырӗҫ, миршӗн, пӗтӗм халӑхсен телейӗшӗн, ирӗклӗ пурнӑҫа юратакан этемлӗхӗн чи лайӑх идеалӗсемшӗн кӗрешӗҫ. Ҫак идеалсемшӗн кӗрешсе, аслӑ ученӑй тата гуманист Иосиф Виссарионович Сталин хӑйӗн пӗтӗм чаплӑ пурнӑҫне панӑ.

Поль Либуа профессор «Сталин—ученӑй» тема тӑрӑх доклад тунӑ. Докладчик Сталин юлташӑн ӗҫӗсенчен вӑл малта пыракан наука корифейӗ пулни ҫинчен калакан яр уҫӑ тӗслӗхсем илсе кӑтартнӑ.

Сталин юлташ вӗрентӗвӗ, тенӗ Либуа, тӗнче наукинче ылтӑн фонд пулса тӑчӗ. И. В. Сталинӑн теориллӗ ӗҫӗсем тата унӑн пӗтӗм практикӑллӑ ӗҫӗ ҫынсене миршӗн, халӑхсем хушшинчи туслӑхшӑн, прогрессивлӑ этемлӗхӗн чи лайӑх идеалӗсем ҫӗнтерессишӗн кӗрешме хавхалантараҫҫӗ.

Пуху пулнӑ аудиторире Сталин юлташӑн вырӑсла, французла тата голландла чӗлхипе тухнӑ произведенийӗсен выставкине организациленӗ.

Иосиф Виссарионович Сталина асӑнса хурлӑхлӑ ларусем ҫавӑн пекех тата Антверпен хулинче тата ҫӗршыври ытти хуласенче те пулса иртнӗ.

# ООН Генеральнӑй Ассамблейин VII-мӗш сессийӗ

## Политикӑллӑ комитетра

НЬЮ-ЙОРК, мартӑн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Мартӑн 19-мӗшӗнчи ларура Политикӑллӑ комитет ООН-ӑн хӗҫпӑшалсӑрланас тӗлӗшпе ӗҫлекен комиссийӗн докладне малалла сӳтсе явнӑ.

Ларура тухса каланӑ Англи, Голланди, Ҫӗнӗ Зеланди тата Греци представителӗсем ООН-ӑн хӗҫпӑшалсӑрланас тӗлӗшпе ӗҫлекен комиссийӗ хӑйӗн умӗнче тӑракан задачӑсене пурнӑҫламаннине йышӑннӑ. Анчах вӗсем, Америка делегачӗ Гросс пекех, комиссие ӑнӑҫлӑ ӗҫлеме США, Англи тата Франци мар, Совет Союзӗ чӑрмантарса тӑнӑ пек кӑтартса пама тӑрӑшнӑ. Вӗсем США, Англи тата Франци ООН-ӑн хӗҫпӑшалсӑрланас тӗлӗшпе ӗҫлекен комиссине хӗҫпӑшалсем ҫинчен сведенисем «палӑртса тӗрӗслесси» ҫинчен тӑратнӑ сӗнӗве «конструктивлӑ» сӗнӳ пек кӑтартма, Совет Союзӗ хӗҫпӑшалсемпе хӗҫпӑшаллӑ вӑйсене чакарасси ҫинчен тата атомлӑ хӗҫпӑшала чарса лартасси ҫинчен тӑратнӑ сӗнӗве «конструктивлӑ мар» сӗнӳ пек кӑтартма тӑрӑшнӑ.

ООН-ӑн хӗҫпӑшалсӑрланас тӗлӗшпе ӗҫлекен комиссийӗн хӑйӗн ӗҫӗсене малалла туса пыма кирли ҫинчен каласа, асӑннӑ ҫӗршывсен представителӗсем уйрӑмах ҫакӑн ҫинче чарӑнса тӑнӑ: комиссин хӑйӗн ӗҫӗн никӗсне США, Англи, Франци тата ытти хӑшпӗр ҫӗршывсем тӑратнӑ резолюци проектне хумалла. Ҫав резолюци проектӗнче хӗҫпӑшалсемпе хӗҫпӑшаллӑ вӑйсене чакарасси тата атомлӑ хӗҫпӑшала чарса лартасси ҫинчен тӑракан ыйтӑва мар, хӗҫпӑшалсем ҫинчен сведенисем «палӑртса тӗрӗслесси» ҫинчен тӑракан ыйтӑва малти вырӑна кӑларса тӑратаҫҫӗ.

США представителӗ Политикӑллӑ комитетра мартӑн 18-мӗшӗнчи ларура, Англи делегачӗ мартӑн 19-мӗшӗнчи ларура тухса калани ҫакна кӑтартать: вӗсем, хӗҫпӑшалсӑрланас тӗлӗшпе ӗҫлекен комиссире чухнехи пекех, хӗҫпӑшалсемпе хӗҫпӑшаллӑ вӑйсене чӑннипе чакарассине тата атомлӑ хӗҫпӑшала чарса лартассине пур майсемпе те чӑрмантарма тӑрӑшаҫҫӗ.

Вӗсем хыҫҫӑн СССР представителӗ В. А. Зорин тухса каланӑ. Вӑл сӳтсе явакан ыйту тӑрӑх совет делегацийӗн позицийӗ ҫинчен тӗплӗн каласа панӑ.

Зорин юлташ хӑйӗн сӑмахӗнче малтан Политикӑллӑ комитетра США представителӗ Гросс мартӑн 18-мӗшӗнче тухса каланине критикленӗ. Гросс хӑйӗн сӑмахӗнче Пӗрлешӳллӗ Штатсен правительстви хӗҫпӑшалсене чакарассишӗн тӑнӑ пек тата хӗҫпӑшалсӑрланассишӗн тӑнӑ пек, хӗҫпӑшалсене чакарас ӗҫе Совет Союзӗн позицийӗ кансӗрлесе тӑнӑ пек кӑтартма пӑхнӑ.

Совет Союзӗн представителӗ, никам та мар, шӑпах Совет Союзӗ Генеральнӑй Ассамблейӑн мӗнпур сессийӗсенче ывӑнма пӗлмесӗр хӗҫпӑшалсене чакарассишӗн, атомлӑ хӗҫпӑшала чарса лартассишӗн, ҫакӑн пек чарса лартмалла тунине пурнӑҫланине пӗтӗм тӗнчипе ҫирӗппӗн тӗрӗслесе тӑмалла тӑвассишӗн кӗрешнине конкретлӑ примерсемпе кӑтартса панӑ. Пурте пӗлеҫҫӗ ӗнтӗ, Совет Союзӗ Генеральнӑй Ассамблейӑн сессийӗсене, Хӑрушсӑрлӑх Советне, хӗҫпӑшалсӑрланас тӗлӗшпе ӗҫлекен комиссие тата ООН-ӑн ытти органӗсене тӑратнӑ сӗнӳсем пурте ҫак кирлӗрен те кирлӗ задачӑсене татса пама пулӑшакан сӗнӳсем пулнӑ. Ӑна ӑнланмалла та ӗнтӗ, мӗншӗн тесен мире хӳтӗлесси, ҫӗнӗ вӑрҫа хатӗрленнине хирӗҫ кӗрешесси Совет правительствин тӗп шухӑшӗ пулнӑ, малашне те тӗп шухӑш пулать.

Зорин юлташ СССР Министрӗсен Совечӗн председателӗ Г. М. Маленков СССР Верховнӑй Совечӗн сессийӗнче кӑҫалхи мартӑн 15-мӗшӗнче ҫапла каланине аса илтернӗ: «Мире сыхласа хӑварма интересленекен государствӑсем хальхи вӑхӑтра та, малашне те Совет Союзӗн мирлӗ ҫирӗп политикине шанса тӑма пултараҫҫӗ».

Совет правительствин пуҫлӑхӗ пӗлтерни, тенӗ малалла Зорин, совет халӑхӗ мире сыхласа хӑварассишӗн тӑнине тата вӑрҫӑ кӑларма парасшӑн мар пулнине палӑртса тӑрать. Ҫакӑншӑн тӗнчери мӗнпур халӑхсем тӑраҫҫӗ. Америка халӑхӗ те, паллах, ҫав шутах кӗрет. США правительствин политикине илес пулсан, унӑн политики, Гросс пӗлтернӗ тӑрӑх, хӗҫпӑшалланассине малалла вӑйлатасси тата «вӑйсен ситуацийӗ» туса хурасси пулать. Анчах ҫакнашкал политика хӗҫпӑшалсӑрланас за[illegible]чӑла ниепле те ҫыхӑнмасть, вӑл Гр[illegible] хӗҫпӑшалсӑрланни агрессие хирӗҫ [illegible]акан чи лайӑх гаранти пулать тесе ка[illegible]ине хирӗҫ пырать. Гросс: хӗҫпӑша[illegible]рланас ӗҫре СССР пирӗнпе пӗрле «[illegible]структивно» ӗҫлеме пулать-и, тесе [illegible]ине хирӗҫ, СССР представителӗ ҫапл[illegible]ветленӗ: ҫав ыйту вӑл пуҫран туртса [illegible]ларнӑ ыйту пулать. Мӗншӗн тесен, [illegible]те лайӑх пӗлеҫҫӗ, Совет правитель[illegible] хӗҫпӑшалсене чӑннипе чакарма тата [illegible]томлӑ хӗҫпӑшала чарса лартма пулӑшак[illegible] сӗнӳсене ООН-на кӗрекен мӗнпур государствӑсем хушшинче сӳтсе явма тӑратнӑ. Ҫакна та лайӑх пӗлеҫҫӗ, тенӗ Зорин, ҫак сӗнӳсене ООН-ра е, Америка представителӗ калакан сӑмахпа каласан, ҫак форумра сӳтсе яваҫҫӗ. Анчах ҫакна калани те кирлӗ: шӑпах та ҫак форумра Совет Союзӗн асӑннӑ сӗнӗвӗсене хирӗҫ чи малтан Пӗрлешӳллӗ Штатсем тӑраҫҫӗ. Анчах Совет Союзӗ малашне те Пӗрлешнӗ нацисен органӗсенче, вӑл шутра хӗҫпӑшалсӑрланас тӗлӗшпе ӗҫлекен комиссире те, ҫакӑн пек хирӗҫнине пӑхмасӑр, хӗҫпӑшалсене чакармалли тата атомлӑ хӗҫпӑшала, ҫавӑн пекех халӑха массӑллӑн пӗтермелли ытти хӗҫпӑшалсене чарса лартмалли пысӑк задачӑсене пурнӑҫлассишӗн кӗрешӗ.

Ҫакӑн хыҫҫӑн Зорин ООН-ӑн хӗҫпӑшалсӑрланас тӗлӗшпе ӗҫлекен комиссийӗн ӗҫне анализ туса, хӗҫпӑшалсемпе хӗҫпӑшаллӑ вӑйсене чакарас, атомлӑ хӗҫпӑшала чарса лартас тата ҫакӑн пек чарса лартмалла тунине пӗтӗм тӗнчипе тӗрӗслесе тӑмалла тӑвас ӗҫсене путлантарса пынӑшӑн виҫӗ держава (США, Англи, Франци), чи малтан Пӗрлешӳллӗ Штатсем айӑплӑ пулнине кӑтартса панӑ. Хӗҫпӑшалсӑрланас тӗлӗшпе ӗҫлекен комиссире ҫак государствӑсем йышӑннӑ позицие критиклесе, Совет Союзӗн представителӗ ҫакӑн пек резолюци проекчӗ тӑратнӑ:

«Генеральнӑй Ассамблея, хӗҫпӑшалсӑрланас тӗлӗшпе ӗҫлекен комисси докладне пӑхса тухнӑ хыҫҫӑн,

ҫакна палӑртать: асӑннӑ комисси хӗҫпӑшалсӑрланас тӗлӗшпе ӗҫлекен комисси ятне илнӗ пулсан та, тӗрӗссипе унӑн иртнӗ тапхӑрти ӗҫӗ хӗҫпӑшалсемпе хӗҫпӑшаллӑ вӑйсене чакарас, атомлӑ хӗҫпӑшалпа халӑха массӑллӑн пӗтерекен ытти хӗҫпӑшалсене, пӗтӗм халӑх сивлекен хӗҫпӑшалсене чарса лартас тӗллевпе пулса пыман, тӗрӗссипе ҫак комисси ку таранччен хӗҫпӑшалсӑрланмалли ыйтусене пӑхса тухассине чӑрмантарса тӑнӑ,

хӗҫпӑшалсӑрланас тӗлӗшпе ӗҫлекен комисси, уйрӑмах США, Франци, Великобритани представителӗсем хӗҫпӑшалсене чакарасси ҫинчен тӑракан ыйту вырӑнне уйрӑм государствӑсен хӗҫпӑшалӗсем ҫинчен законсӑр йӗркепе разведкӑллӑ сведенисем пухас ыйту кӑларса тӑратма пӗр хут ҫеҫ мар хӑтланса пӑхнӑ. Хӗҫпӑшалсене чакарасси тата атомлӑ хӗҫпӑшала чарса лартасси ҫинчен решени йышӑннӑ чухне пур государствӑсен те ООН-на хӑйсен хӗҫпӑшалӗсем ҫинчен тулли сведенисем тӑратма тивӗҫлине вӗсем шута хумаҫҫӗ.

СССР делегацийӗ хӗҫпӑшалсене чакарасси тата атомлӑ хӗҫпӑшала чарса лартасси ҫинчен тӑратнӑ сӗнӗве Генеральнӑй Ассамблейӑн VI-мӗш сессийӗ хӗҫпӑшалсӑрланас тӗлӗшпе ӗҫлекен комиссие пӑхса тухма памалла тунине тата ҫак комисси ку тарана ҫитсе те ҫав сӗнӳсене пӑхса тухманнине шута илсе,

Генеральнӑй Ассамблея **ҫапла йышӑнать:**

1. Хӗҫпӑшалсӑрланас тӗлӗшпе ӗҫлекен комиссие халех хӗҫпӑшалсене чакарас тӗлӗшпе, чи малтан аслӑ державӑсен—США, СССР, Великобритани, Франци, Китай хӗҫпӑшалӗсене чакарассине шута илсе, тумалли практикӑллӑ ӗҫсене пӑхса тухма тытӑнма хушас. Ҫавӑн пекех тата атомлӑ хӗҫпӑшала, бактериллӗ хӗҫпӑшала тата халӑха массӑллӑн пӗтерекен ытти хӗҫпӑшалсене чарса лартасси ҫинчен, ҫак решенисене пурнӑҫланине пӗтӗм тӗнчипе тӗрӗслесе тӑмалла тӑвасси ҫинчен тӑракан ыйтӑва татса пама тытӑнма хушас.

2. Хӗҫпӑшалсӑрланас тӗлӗшпе ӗҫлекен комиссие ҫак постановление пурнӑҫлани ҫинчен Хӑрушсӑрлӑх Советне тата Генеральнӑй Ассамблейӑна 1953 ҫулхи июлӗн 1-мӗшӗнчен кая юлмасӑр доклад тӑратма хушас».

Юлашкинчен Зорин юлташ ҫапла каланӑ: Совет Союзӗн ҫак сӗнӗвӗ халӑхсем Корейӑри вӑрҫа чарса лартма чӗререн тӑрӑшнине, хӗҫпӑшалсене вӑйлатассине чарса лартма, тӗнчери ҫӗнӗ вӑрҫӑ хӑрушлӑхне пӗтӗмпех пӗтерсе лартма тӑрӑшнине палӑртса тӑраҫҫӗ.

НЬЮ-ЙОРК, мартӑн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Политикӑллӑ комитетӑн ӗнерхи ирхи тата кӑнтӑрлахи ларӑвӗсенче ООН-ӑн хӗҫпӑшалсӑрланас тӗлӗшпе ӗҫлекен комиссийӗн докладне малалла сӳтсе явнӑ.

# Корейӑри ӗҫсем

### ХАЛӐХ ҪАРӖН ГЛАВНӐЙ КОМАНДОВАНИЙӖ ПӖЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, мартӑн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин Халӑх ҫарӗн Главнӑй командованийӗ паян ҫапла пӗлтернӗ: иртнӗ кун хушшинче Корея Халӑх ҫарӗн соединенийӗсемпе Китай халӑх добровольцӗсен чаҫӗсем пур фронтсенче те Америкӑпа Англи интервенчӗсене тата Ли Сын Ман ҫарӗсене хирӗҫ оборонӑра тӑрса ҫапӑҫнӑ.

Мартӑн 20-мӗшӗпе 21-мӗшӗ хушшинче ҫӗрле Америка самолечӗсем каллех Пхеньян хулинчи мирлӗ халӑх пурӑнакан кварталсем ҫине тискеррӗн тапӑннӑ.

Халӑх ҫарӗн зенитнӑй чаҫӗсемпе тӑшман самолечӗсене хирӗҫ кӗрешекен салтакӗсем паян тӑшманӑн 3 самолетне персе ӳкернӗ.

ПХЕНЬЯН, мартӑн 22-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин Халӑх ҫарӗн Главнӑй командованийӗ паян ҫапла пӗлтернӗ: иртнӗ кун хушшинче Корея Халӑх ҫарӗн соединенийӗсемпе Китай халӑх добровольцӗсен чаҫӗсем Америкӑпа Англи интервенчӗсене тата Ли Сын Ман ҫарӗсене хирӗҫ оборонӑра тӑрса ҫапӑҫнӑ.

Ӗнер ҫӗрле Америка авиацийӗ Чхончжинь хулинчи мирлӗ халӑх пурӑнакан кварталсем ҫине тискеррӗн тапӑннӑ тата пулеметсенчен пенӗ.

Халӑх ҫарӗн зенитнӑй артиллерийӗпе тӑшман самолечӗсене хирӗҫ кӗрешекен салтакӗсем паян тӑшманӑн 6 самолетне персе ӳкернӗ.

## Бирма ҫарӗсем гоминдан бандисемпе ҫапӑҫни

ЛОНДОН, мартӑн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Рейтер агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, Бирма ҫар министерстви ӗнер кӑларнӑ коммюникере ҫапла каланӑ: гоминдан бандисене хирӗҫ Салуэн юханшывӗн вӑтам пайӗнче ҫапӑҫакан Бирма ҫарӗсем 14 гоминдановеца вӗлернӗ.

Бирма ҫарӗсем гоминдановецсене Монг-Хсу патӗнчен (Салуэн юханшывӗн вӑтам пайӗнче) 80 километр патне яхӑн хӑваласа янӑ.

Ҫар министерстви пӗлтернинче гоминдановецсемпе ҫапӑҫнӑ чухне Америкӑра юлашки вӑхӑтра туса кӑларнӑ ҫӗнӗ йышши хӗҫпӑшалсем нумай туртса илни ҫинчен каланӑ.

## Демократиллӗ Германи Республикин Халӑх палатипе Ҫӗрсен палатин фракцийӗсем чӗнсе калани

БЕРЛИН, мартӑн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ Германи Республикин Халӑх палатипе Ҫӗрсен палатин фракцийӗсем пӗрле нимӗҫ халӑхне чӗнсе каланӑ.

Бонпа Париж договорӗсене ратификацилени май, тенӗ чӗнӳре, пирӗн халӑх умне уйрӑмах хӑрушӑ та йывӑр ӗҫсем тухса тӑчӗҫ. Бонн бундестагӗ ратификациленӗ договорсем Германи пайланса тӑнине тата вӑйлатаҫҫӗ. Вӗсем нимӗҫ халӑхӗн мирлӗ интересӗсене хирӗҫ пыракан преступлени, Европӑри мир ҫине хыттӑн пырса тапӑнни пулса тӑраҫҫӗ...

Аденауэр правительствипе ӑна итлесе тӑракан Бонн бундестагӗн ытларахӑшӗ ҫак ҫар договорӗсене ратификацилени государствӑра переворот тунӑ ӗҫ пулса тӑрать. Ӑна нимӗҫ халӑхӗн ирӗкне хирӗҫ пырса пурнӑҫланӑ. Вӑл халӑхӑн наци самоопределени правине пӑсни пулать. Ӑна конституцие тата пӗтӗм тӗнчери правӑна пӑсса, Ялтӑпа Потсдамра союзниксем нимӗҫ халӑхӗн мирлӗ договор тумалли прави ҫинчен йышӑннӑ килӗшӳсене пӑсса пурнӑҫланӑ. Мирлӗ договор кӑна Германие пӗрлештерме тата мир, демократи, никама пӑхӑнманлӑх условийӗсенче пурӑнма шанӑҫ парать.

Ҫак договорсем вӗсем[illegible] халӑха лӑпкӑлӑх мар, сехӗрленӳ; хӑрушс[illegible]лӑх мар, хӑрушлӑх кӳреҫҫӗ. Вӗсем мир[illegible]р, харкашу кӳреҫҫӗ...

Демократиллӗ Герма[illegible] Республикин Халӑх палатипе Ҫӗрсен [illegible]лати, тенӗ юлашкинчен чӗнӳре, [illegible] пӗлтереҫҫӗ: вӗсем халичченхи пекех [illegible] те хӑйсен сӗнӗвӗсене пурнӑҫа кӗрт[illegible]шӗн кӗрешеҫҫӗ. Вӑл сӗнӳсен тӗллевӗ [illegible]сене пурнӑҫласси пулать:

Хӑвӑртрах мирлӗ догово[illegible] тӑвасси ҫинчен пӗтӗм Германи ки[illegible]ӗвӗ тумалла. Ҫакӑ вӑл Германие пӗрлӗ[illegible] пӑхӑнса тӑман, демократиллӗ государ[illegible] пулса тӑма май парать;

Оккупаци ҫарӗсене пу[illegible] те ҫӗршывран илсе тухмалла;

Пӗтӗм Германире ирӗклӗ [illegible]емократиллӗ, вӑрттӑн тата тӳрӗ суйлав[illegible] ирттерсе, пӗтӗмӗшле Германи правит[illegible]ельствине туса хумалла.

Нациллӗ пӗрлӗх туса хурасси тата мире сыхласа хӑварасси чи малт[illegible]имӗҫ халӑхӗн хӑйӗн ӗҫӗ пулса т[illegible]рать.

Нимӗҫ патриочӗсем пӗрлешсе кӗрешни нимӗҫ халӑхӗн тӳрӗ ӗҫӗн ҫӗнтерӗвӗ патне илсе пырать.

## Турцире ҫӗр чӗтренӗ хыҫҫӑн

СТАМБУЛ, мартӑн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Хаҫатсем пӗлтернӗ тӑрӑх, Чанаккале вилайетӗнчи Ениджере ҫуртсем ҫӗр чӗтренипе пӗтӗмпех ишӗлнӗ. 698 ҫын вилнӗ, 2.000 ҫынна яхӑн аманнӑ.

Гӗненра (Балыкесир вилайечӗ) 57 ҫын вилнӗ, Чанра (Чанаккале вилайетӗнче) 20 ҫын вилнӗ.

Ҫӗр чӗтренипе ҫавӑн пекех чылай ялсем те сиен курнӑ. Пӗтӗмпе мӗн чухлӗ ҫын тата пурлӑх пӗтнине палӑртман-ха.

# Чӑваш академи театрӗ 35 ҫул тултарнине паллӑ туни

Чӑваш государство академи театрӗ 35 ҫул тултарчӗ. Ҫак куна республика столицинчи ӗҫҫыннисем чыслӑн паллӑ турӗҫ. Театр коллективӗ юбилей кунӗсенче хӑйӗн репертуарӗнчи чи лайӑх пьесӑсене лартса пачӗ. Театр артисчӗсем республикӑри хӑшпӗр хуласенче, пысӑк колхозсенче пулса постановкӑсем пачӗҫ, театр ӳсӗмӗ ҫинчен докладсемпе каласусем ирттерчӗҫ.

Мартӑн 21-мӗшӗнче академи театрӗнче театр 35 ҫул тултарнӑ ятпа савӑнӑҫлӑ ларӑ пулчӗ. Унта хулари предприятисенчи рабочисем, служащисем, литературӑпа искусство работникӗсем, партипе совет, профсоюз тата комсомол организацийӗсен представителӗсем нумай пулчӗҫ.

Театр сцени ҫинче—театр коллективӗн чи лайӑх ҫыннисем.

Савӑнӑҫлӑ ларӑва театрӑн главнӑй режиссерӗ Чӑваш АССР искусствисен тава тивӗҫлӗ деятелӗ К. И. Иванов уҫрӗ. Вӑл Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗ ҫумӗнчи искусство ӗҫӗсен управленийӗн начальникне Е. С. Семенов юлташа сӑмах пачӗ. Докладчик чӑваш театрӗн творчествӑллӑ кун-ҫулӗ, театр коллективӗн пархатарлӑ ӗҫӗсем ҫинчен каласа пачӗ.

Унтан театр юбилейӗ ячӗпе килнӗ саламсене вуласа пачӗҫ. РСФСР тава тивӗҫлӗ артисчӗ тата Чӑваш халӑх артисчӗ Б. Алексеев КПСС Чӑваш обкомӗпе Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗ тата Чӑваш АССР Верховнӑй Совет Президиумӗн саламне, Республикӑн тава тивӗҫлӗ артисчӗ И. О. Молодовпа театрӑн режиссерӗ Чӑваш АССР искусствисен тава тивӗҫлӗ деятелӗ Л. Родионов—Чӑваш АССР Верховнӑй Совет Президиумӗн Указӗсене вуласа пачӗҫ.

Театр коллективӗ ячӗпе ҫавӑн пекех КПСС Шупашкар хула комитечӗпе Шупашкар хула Советӗнчен, Ӗҫлӗх Хӗрлӗ Ялав орденлӗ завод коллективӗнчен, ВЛКСМ Чӑваш обкомӗпе Шупашкар хула комитетӗнчен, пир-авӑр комбиначӗн коллективӗнчен, искусство работникӗсен профсоюз обкомӗнчен, пир-авӑр комбинатне тӑвакан строительсен коллективӗнчен, писательсен союзӗн правленийӗнчен, ҫамрӑксен театрӗнчен, филармони, педагогика институчӗн, Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗ ҫумӗнчи радиоинформаци, вырӑсла драма театр коллективӗсенчен килнӗ саламсене тата телеграммӑсене вуласа пачӗҫ.

Савӑнӑҫлӑ ларӑва пынисем ҫак саламсене ӑшӑ кӑмӑллӑ пулса, чылайччен алӑ ҫупса кӗтсе илчӗҫ.

Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗ ҫумӗнчи искусство ӗҫӗсен комитечӗ театр коллективне тав туса чылай артистсемпе театрӑн ытти работникӗсене хаклӑ парнесем памалла тунӑ.

Театрӑн главнӑй режиссерӗ К. И. Иванов юлташ театр коллективне театр 35 ҫул тултарнӑ ятпа саламланӑ учрежденисемпе организацисене тата уйрӑм коллективсене чӗререн тав турӗ. Театр коллективӗ чӑваш искусствине аталантарас тӗлӗшпе малашне тата тӑрӑшарах ӗҫлеме хавхаланни ҫинчен каларӗ.

Юлашкинчен пысӑк концерт пулчӗ.

## СОВЕТ ХОККЕИСЧӖСЕН ҪӖНТЕРӖВӖ

ОСЛО, мартӑн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Паян каҫхине Осло стадионӗнче Мускаври хоккеистсен сборнӑй командипе Норвеги сборнӑй команди тӗл пулса вылянӑ. Вӑййӑ совет хоккеисчӗсем 10:2 шутпа ҫӗнтернипе вӗҫленнӗ.

Совет хоккеисчӗсен вӑййипе Норвеги столицинче питӗ интересленеҫҫӗ. Стадиона кӗрсе курас текенсем чылайӑшӗ, вырӑн пулман пирки, кӗме пултарайман. Стадиона пурӗ те 10 пин ҫын кӑна вырнаҫать.

Мускав команди Ослора тата икӗ вӑййӑ ирттерет.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.





РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—3-99, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—5-74, парти пурнӑҫ пайӗ—3-99, ялхуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—8-61, ҫырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 01338 Типографи №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.